ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 1 юнкун № 127 (9036)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Çамрăк кадрсене ÿстерсе воспитани памалла

Кадрсем партипе государство руководстви ĕçе татса паракан вăйĕсем пулаççĕ. Партин политикăлла çул-йĕрне ăнăçлăн пурнăçласси — кадрсене тĕрĕс суйласа илсе воспитани панинчен килет.

Пирĕн Коммунистсен партине туса хунă В. И. Ленин, унăн аслă ĕçĕсене малалла туса пынă И. В. Сталин кадрсене марксизма вĕрентесси чи малтанхи ĕç пулса тăрать, тенĕ.

Коммунизм строительствин задачисем кадрсене тĕрĕс суйласа илсе ĕçе вырнаçтарас тата воспитани парас ĕçсене çÿлĕ шусăма çĕклеме хушаççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ кадрсен пахалăхне лайăхлатма кирли çинчен, ертсе пырас ĕçе партипе государство ĕçне парăннă çынсене, ĕçе лайăх пĕлекен тата ăна малалла илсе пыма пултаракан кадрсене хăюллăн уйăрса лартмалли çинчен асăрхаттарчĕ. Çак задачăна пурнăçлама пур условисем те çителĕклĕ. Çак пысăк требованисене тивĕçтерекен работниксене суйласа илсе ĕçе вырнаçтарассине халĕ анлăн туса пыма май пур.

Пирĕн парти опычĕ çакна кăтартса парать: кадрсене марксистла-ленинла пĕлÿсем парас тĕлĕшпе ытларах тăрăшнă чухне вĕсем хăвăрт ÿссе пыраççĕ. Пирĕн пур кадрсем те, вĕсем пурнăçран кая юлас мар тата парти задачисен çÿлĕшĕнче тăрас теççĕ пулсан, Маркс—Энгельс — Ленин—Сталин вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланса, партин политикăлла пысăк опычĕпе хĕçпăшалланма тивĕç. Пирĕн кадрсем—интеллигенцин, коммунистсен анлă сийĕсем—партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене, И. В. Сталин произведенийĕсене тимлĕн вĕренме тивĕçлĕ. Çав произведенисенче марксистла-ленинла вĕрентĕве малалла творчествăллăн аталантарнă.

Кадрсем нихçан та улшăнмаççĕ, тесе путлама юрамасть. Пирĕн кадрсен йышĕ ÿрмаях улшăнса тата çĕнĕ кадрсем хутшăннă май çĕнелсе пырать. Ку вăл пурĕ пĕрех пулмалли законлă ĕç. Парти çапла вĕрентет: парти организацийĕсен тата ĕçсен руководителĕсен кадрсене тăрăшса ирĕплетмелле, вĕсен пултаруллă работниксене вăхăтра асăрхаса илмелле, вĕсене ертсе пыракан ĕçсене хăюллăн уйăрса лартмалла, çапла вара çав кадрсене пĕр вырăнта тăма памалла мар. Ватă кадрсемпе çамрăк кадрсене партипе государствăн ертсе пыракан ĕçĕнче тачă çыхăнтарса пымалла.

Çапах та çакна палăртма тивет: чылай парторганизацисенче çĕнĕ те çамрăк кадрсене ĕçе лартма бюрократла хăраса тăраççĕ. Партин хăшпĕр комитечĕсем, советпа хуçалăх органĕсен руководителĕсем вахалтарах çынсемпе ĕçлеме хăнăхса çитнĕ. Çав вăхăтрах вĕсем ÿссе пыракан тата ĕç шанса пама юрăхлă çынсене асăрхамаççĕ. Юрăхсăра тухнă работниксене пĕр ĕçрен тепĕр ĕçе куçарас сиенлĕ практикăна халĕ те пĕтермен-ха.

Çакăн пек фактсем, сăмахран, Сталинградри парти организацийĕнче тĕл пулаççĕ. Партин область комитечĕн нумаях пулмасть пулса иртнĕ пленумĕнче кадрсемпе ĕçлес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пулнине палăртнă. Парти органĕсем çынсене тĕплĕн пĕлмеççĕ, кадрсене суйласа илес ĕçре йăнăшсем тăваççĕ. Работниксене çирĕплетнĕ чухне вĕсен политикăллă тата ĕçлĕ пахалăхĕсене чылай чухне шута илмен. Кадрсене суйласа илес тĕлĕшпе йăнăшсем тăвакан работниксем хăшпĕр чухне çакна çынсем çитменнипе ăнлантарса пама пăхаççĕ. Çав вăхăтрах облаçе пултаруллă работниксем çителĕклех. Вĕсене пĕлес пулать тата вĕсене начар ĕçлекен, шанса панă ĕçе япăхтарса янă работниксем вырăнне вăхăтра лартас пулать. Шел пулин те, партин чылай комитечĕсем çакăн çинчен манаççĕ вара.

Çамрăк кадрсене тивĕçлипе хакламанни Днепропетровск облаçĕнчи чылай парторганизацисенче те сисĕнет. Хăшпĕр районсенче партипе совет органĕсен ертсе пыракан ĕçĕсенче çамрăк работниксем сахал. Çĕнĕ кадрсене вĕрентсе ĕçе уйăрса лартассине тивĕçлипе хакламасăр, парти обкомĕпе райкомĕсен юрăхсăр работниксенех ĕçре тытса тăма тивнĕ.

Çамрăк кадрсене, практикăлла ĕçре тĕрĕсленсе çитнĕ работниксене ĕçе лартассинчен чиновникла хăранине татăклăнах пĕтерес пулать. Пултаруллă работниксене пыраса тупасси, вĕсене партипе государство ĕçĕн ответлă участокĕсене уйăрса лартасси—парти организацийĕсемпе вĕсен ертсе пыракан органĕсен тивĕçĕ пулать.

Кадрсене пĕлсе çитесси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Партин вырăнти органĕсен ĕçе татса паракан отраслĕсенчи работниксене яланах асăрхаса тăмалла, работниксене лайăх пĕлсе тăрас тесе тăрăшмалла. Кадрсене кабинетра мар, анкетăра çырнисемпе справкăсем тăрăх мар вĕренмелле, вĕсене практикăлла ĕçре тĕрĕслесе пĕлмелле. Çынсемпе тачă çыхăнса ĕçлени кăна вĕсен ĕçлĕ тата политикăлла пахалăхĕсене тĕрĕслеме, работниксен пултарулăхĕ хăш ĕçре ытларах палăрма пултарнине пĕлме май парать.

Кадрсене суйласа илсе ĕçе вырнаçтарассине лайăхлатса, парти организацийĕсен ертсе пыракан ĕçе хĕрарăмсене уйăрса лартасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Пирĕн çĕршывра хĕрарăмсем хуçалăхпа культура строительствин мĕнпур отраслĕсенче пысăк вырăн йышăнаççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ чылай çĕрте парти, совет тата хуçалăх ĕçĕсенче хĕрарăмсем сахал пулнине йĕркеллĕ ĕç теме çук. Караганда облаçĕнчи Улутау, Чет тата Каунрад районĕсенче колхозсенчи ертсе пыракан ĕçсенче пĕр хĕрарăм та çук.

Союзлă тата автономиллĕ республикăсенче, пирĕн партин ленинла-сталинла политикине пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырса, партипе совет тата хуçалăх органĕсене нацилле-кадрсене хатĕрлес, вĕсене ĕçе уйăрса лартас ĕçе лайăхлатни кирлĕ. Нацилле интеллигенци кадрĕсемпе усă курасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, вĕсене ертсе пырас ĕçе, шкулсенчи, наукăпа культура учрежденийĕсенчи ĕçе хăюллăн уйăрса лартмалла.

Çамрăк кадрсене ĕçе уйăрса лартнипе парти организацийĕсен тивĕçĕ вĕçленмест, пачах урăхла, вĕсемшĕн тăрăшасси пуçланать кăна. Паллах ĕнтĕ, опытлă работниксем хăйсем тĕллĕн ÿссе çитĕнмеççĕ. Вĕсем практикăлла ĕçре, йывăрлăхсене хирĕç кĕрешнинче ÿссе, лайăхланса пыраççĕ. Çамрăк кадрсемпе ĕçлес тени—вĕсене чăтăмлăн воспитани парас тенине, тĕрĕс ертсе пырас ĕçĕн ăсталăхне вĕрентессине, кулленех пулăшу парса пырассине пĕлтерет. Партин вырăнсенчи организацийĕсем шăпах çавăн пек тăваççĕ те ĕнтĕ.

Çав вăхăтрах çамрăк кадрсем çине çиелтен пăхни çинчен калакан тĕслĕхсем те пур-ха. Партин хăшпĕр комитечĕсем, советпа хуçалăх органĕсен руководителĕсем пĕр-пĕр çынна пысăкрах ответлă ĕçе уйăрса лартсан, ун çинчен часах манса каяççĕ, вăл хăйне шанса панă ĕçе мĕнле туса пынипе, ăна мĕнле пулăшу кирлипе интересленме пăрахаççĕ. Çак çын ĕçре малтанхи хут йăнăшсем тата çитменлĕхсем тунăшăнах ăна айăплаççĕ, хăшпĕр чухне вара ĕçрен те кăлараççĕ.

Çакăн пек ĕçсем Саратов облаçĕнчи Ртищев районĕнче анлăн сарăлнă. Çамрăк работник ĕçре мĕнле те пулин çитменлĕх тусанах райком ăна айăплама тытăнать. Çавна пула кадрсем час-часах улшăнаççĕ. Пĕр çулталăк хушшинчех, сăмахран, пуçламăш парторганизаци секретарĕсен 75 проценчĕ улшăннă. Парти райкомĕ тата унăн секретарĕ Шацкий юлташ çамрăк кадрсене япăх вĕрентет, вĕсене конкретлă пулăшу сахал парать.

Çамрăк кадрсемпе ĕçлес тĕлĕшпе Молотов облаçĕнчи хăшпĕр партипе хуçалăх органĕсенче те чылай çитменлĕхсем пур. «Молотовуголь» комбинат начальникĕ Литвинов юлташ кадрсемпе ĕçлес вырăнне вĕсене ятласа, харкашса тăкать е административлă взысканисем парать. Çакна калани те çителĕклĕ: администраци кăçалхи пилĕк уйăх хушшинче кăна инженерсемпе техниксене 177 хут айăпламалла тунă.

Партипе совет тата хуçалăх органĕсен кадрсене партин ылтăн фончĕ вырăнне хурса пахаламалла, вĕсене хисеплесе хакламалла. Çынсем умне пысăк ыйтусем кăларса тăратас тени вăл администраци енĕпе айăпламалла тăвас тенине пĕлтермест. Тÿрĕ те тĕрĕс критика пулнă чухне кăна, хушнă ĕçе мĕнле пурнăçланине куллен тĕрĕслесе тănă чухне кăна кадрсене тĕрĕс воспитани пама май пур. Работниксен çитменлĕхĕсене вăхăтра асăрхаса илмелле, вĕсене хăйсем умне лартнă задачăсене пурнăçламалли майсем çинчен каласа ăнлантармалла.

Парти организацийĕсем хăйсен мĕнпур ĕçĕсемпе кадрсене пĕрмаях ÿссе пыма, вĕсене практикăлла ĕçре пиçĕхтерме май параççĕ. Вĕсен кадрсене партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пыма, творчествăлла пуçарулăх кăтартма, малалла пырса çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешме воспитани памалла.

Парти нумай йышлă кадрсем, массăсен талантлă организаторĕсемпе руководителĕсене воспитани парса çитĕнтерчĕ. Кадрсемпе ĕçлессине малалла лайăхлатни — коммунизм строительствин задачисене ăнăçлăн татса памалли никĕс.

(«ПРАВДА» хаçатăн июнĕн 30-мĕшĕнчи умстатьи).

## Çул-йĕр строительстви планне тултарнă

КУКЕÇ, июнĕн 30-мĕшĕ. (Телефонпа). Июнĕн 29-мĕшĕ тĕлне Шупашкар районĕ 1953 çулхи çул-йĕр строительстви планне тултарчĕ. План тăрăх чул сарса 1.000 метр тăршшĕ çĕнĕ çул тумалла пулнă пулсан, 1.015 метр тăршшĕ çул тунă.

Çул-йĕр строительствинче Кадыков ячĕпе тăракан, «Красный флот», Молотов ячĕпе, Суворов ячĕпе тăракан, «Правда», «Красное знамя» колхозсем уйрăмах лайăх ĕçлерĕç.

Çул-йĕр ĕçĕсем районта малалла пыраççĕ.

# Тăван çĕршывра

## Революцилле кĕрешÿ документчĕсем

УЖГОРОД, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Облаçри музейре ĕнер халăх нумай пулнă. Совет Украинипе пĕрлешнĕренпе саккăр çул çитнине паллă туса, облаçри ĕçсыннисем кунта Карпат леш енчи ĕçсыннисен революциллĕ кĕрешĕвне кăтартса паракан документсемпе тата материалсемпе паллашма килнĕ.

Музейре Мукачеври 1919 çулхи ревсовет воззванийĕсем, Хĕрлĕ Çар ретне тăма чĕнсе каланисем усранаççĕ. Кунта тухшинчи халăх кĕрешĕве тухнă чухнехи ялав та пур. Çак хаклă япаласене Социализмла Ĕç Геройĕ Василий Фоминский сыхласа хăварнă. Фашистсем пусмăрланă чухне Карпат леш енчи ĕçсыннисем ирĕке тухассишĕн кĕрешме чарăнман.

Кунтах партизансен хĕçпăшалĕсем выртаççĕ, çав хĕçпăшалсемпе вĕсем Совет Çарне фашистла захватчиксене çĕмĕрсе тăкма пулăшнă. Кунта Совет Украинипе пĕрлешме чĕннĕ манифест та пур.

Музейри 10 пÿлĕмре çамрăк облаçăн халăх хуçалăхĕ тунă çитĕнÿсене кăтартакан материалсем нумай. Совет халăхĕсем тăванла пулăшнипе Карпат леш енче промышленность, ялхуçалăхĕ, культура аталанса пырать.

## Утă çулаççĕ

ПЕЧЕНЕГИ (Харьков облаçĕ), июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Районти ялхуçалăх артелĕсем нумайăшĕ çаран утипе акнă курăксене пухса кĕчĕç. Иртнĕ çул 25 кун хушши утă çулнă пулсан, кăçал утта 15 кун хушшинче пухса кĕнĕ. Ĕçе механизацилени утă çулас срока кĕскетме май пачĕ. Тракторпа утă çулмалли машинăсен хисепĕ районта пĕр хут çурă ÿсрĕ.

Мартăн 8-мĕшĕ ячĕпе тăракан колхозра акнă курăксене иртнĕ çул пуринчен ытла лашапа ĕçлемелли машинăсемпе çулнă, утта тырă вырма тухиччен те çулса пĕтереймен. Кăçал çарансемпе курăк акнă уйсенче икĕ трактор агрегачĕ ĕçлерĕ, Çулнă утта гипнĕ май капана хывса пынă.



Куйбышевгидрострой. Куйбышев гидроэлектростанцийĕ пулмалли вырăнта котлован чавнă çĕрте хĕрÿллĕ ĕçлеççĕ. Котлованра экскаваторсем нумай ĕçлеççĕ, автосамосвалсем вĕçĕмсĕр çÿресе тăпра турттараççĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ котлованри 30 метр тарăнĕш вырăнтан тăпра турттарса тухаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: «Уралец» экскаватор котлован тĕпĕнчен тăпра чавса кăларать.

С. КРОПИВНИЦКИЙ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Магнитогорскри металлургсен çитĕнĕвĕ

МАГНИТОГОРСК, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Сталин ячĕпе тăракан тимĕр-тăмăр комбиначĕ чугун шăратса кăлармалли çур çулхи плана срокчен тултарнă. Çулталăк пуçланнăранпа металлургсем 7 миллион тенкĕ ытла укçа перекетленĕ.

Домна цехĕн начальникĕ Зудин юлташ ТАСС корреспондентне çапла каласа панă:

— Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, Магнитогорскри доменщиксем, металлурги агрегачĕсемпе лайăхрах усă курма ăмăрту пуçланă.

## Çеçенхирти садсем

БУЗУЛУК (Чкалов облаçĕ), июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Бузулук районĕнче И. В. Мичурин вĕрентнĕ пек ĕçлекенсем нумай. Колхозри мичуринецсем улма-çырла йывăççисем çитĕнтерекен çĕр лаптăкне виçĕ çул хушшинче икĕ хут ÿстерчĕç, колхозсенче сад лартса ÿстермелли обязательствăна срокчен пурнăçларĕç. Суркунне татах 30 гектар çинче садпа çырла пахчисен никĕсне хывнă.

Çеçенхирти садсем çимĕç нумай параççĕ. Иртнĕ çул партин XVII-мĕш съезчĕ ячĕпе тăракан колхоз Бузулукри пасарсенче хурлăхан, йĕплĕ хурлăхан, панулми темиçе çĕр пăт сутнă.

Кашни колхозрах сад лартса ÿстерес тесе ытти районсенче те тăрăшса ĕçлеççĕ. Бузулук районĕпе ăмăртакан Чкаловски районта та сад лартса ÿстермелли плана тултарнă.

Халĕ колхозсенче хурăн çырли пухма тытăнчĕç.

## МТС-сем валли çĕнĕ техника

ЧКАЛОВ, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Бузулук районĕнчи Вильямс ячĕпе тăракан МТС мастерскойĕсем патĕнче тырпул пухса кĕме хатĕр комбайнсем тăраççĕ. Вĕсем хушшинче «Сталинец-6» комбайнсем те пур. Станцири механизаторсем вĕсене кăçал малтанхи хут сăнаса пăхаççĕ.

Бузулук районĕнчи МТС-сем юлашки вăхăтра 40 тĕрлĕ машина илнĕ. Вăрçăчченхипе танлаштарсан, МТС-сем икĕ хут ытларах ĕçлеççĕ. Халĕ районта кашни трактор 100 гектар çĕр ĕçлесе тăрать.

## Рабочисем аслă шкулсенчен вĕренсе тухаççĕ

КРАМАТОРСК, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Студент-заочник Б. Беглов, строительство материалĕсен промышленноçĕн заочно вĕренмелли институтĕнчен вĕренсе тухса тăван хулана инженер пулса килнĕ. Унпа пĕрлех çак институтран хулари предприятисенче ĕçлекен 9 çын вĕренсе тухнă.

Вăрçă хыççăн Краматорскра производствăра ĕçлекенсем 100 çынна яхăн ĕçленĕ вăхăтрах аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă.

Аслă шкулсенче вĕренес текенсен йышĕ ÿссех пырать.

## Каховка тинĕсĕ пулас çĕрте

ХЕРСОН, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Днепр юхса тухнă тĕлте, Каховка тинĕсĕ пулас çĕрте, Береславски тата Пысăк Лепетихски вăрманпромхозсенчи рабочисем шыв айне пулакан вăрмана касса тасатаççĕ. Вăрман касса хатĕрлеме Сумы, Чернигов, Дрогобыч облаçĕсенчи тата Украинăри ытти облаçсенчи колхозниксем пулăшаççĕ.

Шыв илекен вырăна 3.500 гектар тасатнă ĕнтĕ. Заданисене срокчен тултарас тĕлĕшпе ăмăрту сарăлса пырать.

### ПОЛЯРТА ĔÇЛЕКЕНСЕНЕ — ПАХЧА ÇИМĔÇ

САНГАР (Якут АССР), июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Лена шывĕн вĕçĕнче ларакан Сангар поселокĕнче пахча çимĕç туса илес ĕç вăйланса пырать. Рудоуправлени çумĕнчи хушма хуçалăх çултан çул ытларах пахча çимĕç туса илет. Кунта пурăнакан рабочисемпе служащисем пахча çимĕç ÿстереççĕ.

# Ют çĕршывсене тара кĕрĕшнĕ çынсем Берлинра ирсĕр ĕçсем туни совет халăхне вĕçĕ-хĕррисĕр тарăхтарать

## Сыхăлăха ÿстерер, мир ĕçне тĕреклетер

Ют çĕршывсене тара кĕрĕшнĕ çынсем июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра туса иртнĕ авантюристла ĕçсем тĕнчери пĕтĕм ĕçсыннисене, пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсене вĕçĕ-хĕррисĕр тарăхтараççĕ. Çак кунсенче пирĕн çĕршыври фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе МТС-сенче пулса иртекен пухусенче рабочисем, хресченсем, интеллигенци, мĕнпур совет çыннисем фашистла провокаторсене ылханса питлеççĕ.

Совет çыннисем сыхăлăха ÿстерме, мир ĕçне тĕреклетме тупа тăваççĕ. Вĕсем мире юратакан, никама пăхăнмасăр пурăнакан, демократиллĕ тата пĕрлĕхлĕ Германи туса хурас ĕçре нимĕç халăхĕпе пĕр шухăш-кăмăллă пулнине кăтартса параççĕ. Çак шухăш-туйăм Шупашкарти пир-авăр фабрикинчи рабочисемпе работницăсен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пĕрлехи пухăвĕнче те уççăн палăрчĕ. Берлинра пулса иртнĕ ĕçсем çинчен КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ **Л. Михайлов** юлташ тĕплĕн каласа пачĕ.

Унтан пухура рабочисемпе работницăсем сăмах илсе тухса каларĕç.

— Совет халăхĕ, — тет **Конушкина** юлташ хăйĕн сăмахĕнче, — тĕнчери мĕнпур ĕçсыннисемпе пĕрле мир ĕçĕшĕн кĕрешнĕ вăхăтра Хĕвеланăç Германири ултавлă сутăнчăксем, Америка империалисчĕсем хĕтĕртнипе, Берлинра ирсĕр ĕçсем турĕç. Провокаторсем Демократиллĕ Германи Республикине сиен кÿме хăтланчĕç. Анчах вĕсен ĕç тухмарĕ. Малашне те, хальхи пекех, вĕсен ирсĕр ĕçĕсене нимĕç халăхĕ сире-сире пăрахĕ.

Эпĕ виçĕ ача амăшĕ, тет вăл малалла. Тĕнчери мĕнпур хĕрарăмсене, уйрăмах Германири хĕрарăмсене çĕнĕ вăрçă чĕртсе яма тăрăшакансене хирĕç малашне те пĕр кар тăрса кĕрешме чĕнетĕп. Эпĕ çакна шанса тăратăп: Германи халăхĕ хăйĕн Демократиллĕ Германи Республикин правительстви мире сыхлас тата ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе туса иртерекен ĕçĕсене ăнăçлă пурнăçлама пĕтĕм вăй-хăвата парса кĕрешĕ.

Стахановка **Ведерникова** юлташ мирлĕ пурнăçа хирĕç ирсĕр ĕçсем тăвакансене пĕтĕм чĕререн ылханса питлет.

— Çĕнĕ вăрçă чĕртсе яма хăтланакансем çакна пĕлсе тăччăр: миршĕн тăракан халăхсем тăшмансен кирек мĕнле путсĕр ĕçне те арката-арката пăрахĕç.

Ведерникова юлташ сыхăлăха ÿстерме, мир ĕçне тĕреклетме, Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетме куллен-кун хастарлă ĕçлеме чĕнет.

Мастер помощникĕ **Кривошеенко** юлташ сăмах илет. Вăл çапла калать:

— Ют çĕршывсене тара кĕрĕшнĕ çынсем Берлинра ирсĕр ĕçсем туни пире пĕтĕм чĕререн тарăхтарать. Фашистла вăрă-хурахсем каллех хăйсен пуçĕсене çĕклеме пăхаççĕ, тĕнчери халăха каллех асап кÿме, ĕçсыннисен юнне тăкма ĕмĕтленеççĕ. Вĕсем миршĕн кĕрешекен халăхсен хăватлă юхăмне чарса лартасшăн. Çук, фашистла ирсĕрсен ĕç тухмĕ! Совет халăхĕ Германи ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас ĕçре нимĕç халăхне пур майсемпе те пулăшса пырĕ. Совет çыннисем Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăрса, мир ĕçне тĕреклетессишĕн малашне те пĕтĕм вăй-хăвата парса ĕçлĕç, Тăван çĕршывăн вăй-хăватне ÿстерессишĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн хăйсен пĕтĕм пултарулăхĕпе хастарлăхне парса кĕрешĕç.

Пухура кочегар помощникĕ **Варламов**, мастер помощникĕ **Елсуков** юлташсем тухса каларĕç.

Пуху ют çĕршывсене тара кĕрĕшнĕ çынсен ирсĕр ĕçĕсене ылханса решени йышăнчĕ. Решенире нимĕç халăхĕ Демократиллĕ Германи Республикин правительстви тата Германири социалистла пĕрлĕхлĕ парти тавра тачă пĕтĕçсе тăрса, мире юратакан, никама пăхăнман тата демократиллĕ пĕрлĕхлĕ Германи туса хурассишĕн кĕрешес ĕçре пысăк çитĕнÿсем тăвасса совет халăхĕ çирĕп шанса тăнине палăртнă.

## Демократиллĕ пĕрлĕхлĕ Германишĕн

Кăнтăрлахи смена вĕçленнĕ хыççăн Шупашкарти 1-мĕш номерлĕ типографири рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем клуба пухăнчĕç.

Профсоюз комитечĕн председателĕ **Е. Ульяшин** юлташ пухăва уçса, пуçламăш парторганизаци секретарьне **Платунов** юлташа сăмах парать.

— Миршĕн, демократишĕн, халăхсем хушшинчи туслăха çирĕплетессишĕн кĕрешекенсен йышĕ ÿссех пырать, — тет вăл.—Эпир пурте телейлĕ те савăнăçлă пурнăçпа пурăнас тесе, нихçан та вăрçă ан пултăр тесе тăрăшатпăр. Анчах та çав вăхăтрах империалистсем çине тăрсах çĕнĕ вăрçă чĕртме хатĕрленеççĕ. Вĕсем демократиллĕ çĕршывсем çĕнçе илнĕ ÿсĕмсене путарса хурасшăн. Аденауэр ушкăнĕпе ăна хÿтĕлесе тăракансем июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра туса иртнĕ ирсĕр ĕçсем пире, совет çыннисене, хытă тарăхтарчĕç. Пĕтĕм тĕнчери тÿрĕ кăмăллă ĕçсыннисем паян пирĕнпе пĕрле. Вĕсем фашистла провокаторсене чĕререн ылханаççĕ, Германи халăхне мир тăшманĕсене хирĕç кĕрешес ĕçре сыхăлăха ÿстерме чĕнсе калаççĕ.

Эпир пĕтĕм тĕнчипе çирĕп мир пултăр тесе тăрăшатпăр, вăрçă чĕртме хапсăнакансене сивлетпĕр. Мир, демократи, социализм вăйĕ ÿссе пытăр тесе, эпир ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлетпĕр. Çынсен демократи вăйĕсене хавшатма ан пултарччăр тесе, эпир хамăр сисĕмлĕхе кулленех ÿстерме тивĕçлĕ. Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетме ĕç тухăçлăхне татах та ытларах ÿстерер, юратнă Тăван çĕршыва паха продукци туса парар. Эпир хамăр юратнă партипе правительство, юратнă Ленин—Сталин партийĕ тавра татах та тачăрах пĕтĕçĕпĕр.

Платунов юлташ Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕçсыннисен мирлĕ ĕçри ÿсĕмĕсем пĕтĕм ĕçсыннисене савăнтарни çинчен калать, пĕтĕм коллектив ячĕпе Германи халăхне сисĕмлĕхе ÿстерсе пыма, мирлĕ ĕçре ÿсĕм хыççăн çĕнĕ ÿсĕм тума ырă сунать.

Пухура пулнисем çамрăк работница **М. Яковлева** юлташ каланине тимлĕн итлерĕç. Вăл çапла каларĕ:

— Эпир, çамрăк рабочисемпе работницăсем, Демократиллĕ Германи Республики тĕлĕшпе фашистла вăрă-хурахсем туса иртернĕ авантюрăна пĕтĕм чĕререн сивлетпĕр, çамрăк нимĕçсене мирпе демократишĕн кĕрешес ĕçре çĕнĕ ÿсĕмсем тума ырă сунатпăр. Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи империалистсем, Аденауэр ушкăнĕпе ăна хÿтĕлесе тăракансем, Берлинра туса иртернĕ ирсĕр ĕç вăл империалистсем Германие пĕрлешме парас мар тесе, Европăра мир ĕçне тĕреклетме парас мар тесе тăрăшнине кăтартать. Çак ĕмĕте пурнăçлас тесе вĕсем Берлинра провокаци турĕç. Анчах вĕсен планĕсем путланса ларчĕç. Совет çĕршывĕнчи пĕтĕм çамрăк рабочисемпе работницăсем, çамрăк служащисен ячĕпе эпĕ нимĕç çамрăкĕсене çапла калатăп: Демократиллĕ Германи Республикине куллен-кун çирĕплетсе тата вăйлăлатса пырăр. Фашистла ирсĕрсем сире мирлĕ ĕçре кансĕрлеме ан пултарччăр тесе сисĕмлĕхе ÿстерĕр!

Типографири профсоюз комитечĕн председателĕ Ульяшин юлташ типографи коллективне производство планне уйăхран уйăха тата кварталтан квартала иртерсе тултарма, сисĕмлĕхе ÿстерсе пыма чĕнчĕ.

Типографири рабочисемпе работницăсен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пухăвĕ, пĕр кăмăллă пулса, резолюци йышăнчĕ. Унта Пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем Демократиллĕ Германи Республикинчи рабочи класпа пĕр шухăшлă пулнине палăртнă, нимĕç рабочийĕсене сисĕмлĕхе ÿстерме, хуть те мĕнле ĕçре те хастарлă пулма, пĕрлĕхлĕ Германишĕн кĕрешме чĕннĕ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Политикăлла агитаци—ĕç хастарлăхне ÿстермелли меслет

Пирĕн партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче социализмла ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан тĕп задачăсене уççăн кăтартса пачĕ. Мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пырас, выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстернĕ хушăрах унăн тухăçлăхне хăпартас, çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцийĕпе таварлă продукцие ÿстерес задачăна пĕтĕмпех пурнăçа кĕртмелле,—çакăн пек хисеплĕ тивĕç тăрать пирĕн умра.

Съезд кăтартăвĕсенчен пирĕн район умне тухса тăракан задачăсене тивĕçлипе пурнăçа кĕртсе пыма пирĕн пур условисем те çителĕклĕ. Хамăр тивĕçе чыслăн пурнăçлама пирĕн пуринчен малтан ĕçсынни массисем хушшинчи политикăлла воспитани ĕçне вăйлатмалла.

«Массăсем общество умĕнчи тивĕçе тăрăн ăнланассине малашне те аталантарса пымалла, ĕçсыннисене совет патриотизмĕпе халăхсен туслăхĕ майлă воспитани памалла, государство интересĕсемшĕн тăрăшма вĕрентмелле, совет çыннисен чи паха енĕсене — пирĕн ĕç çĕнтерессе шанса тăрассине, кирек мĕнле йывăрлăхсене те çĕнтерме хатĕр пулассине тата пултарассине вăйлатса пымалла», — кăтартса пачĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче.

Политикăлла-массăлла ĕçĕн идейăлла шайĕпе унăн витĕмлĕхĕ пуринчен малтан агитаторсен ĕç пахалăхĕнчен, вĕсене ĕçе пĕлсе вырнаçтарса тухнинчен нумай килет. КПСС Шупашкар райкомĕ агитаторсене суйласа илсе ĕçе вырнаçтарассине пысăка хурса хаклать. Хальхи вăхăтра пирĕн районта 47 агитколлектив ĕçлет. Агитколлективсем 547 агитатора пĕрлештерсе тăраççĕ. Вĕсем ялти интеллигенци представителĕсем — учительсемпе медицина работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, колхоз производствинче малта пыракансем.

КПСС райкомĕ пуçламăш парторганизацисем агитколлективсене мĕнле ертсе пыни çинчен час-часах сÿтсе явать, вĕсене ĕçре куллен пулăшать. Калас пулать, колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем хăйсем те ĕçсыннисем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе лайăхлатас ыйтупа ытларах та ытларах интересленекен пулчĕç.

Агитаторсен пĕлĕвĕпе ăсталăхне ÿстерес тата вĕсене лайăх опытпа паллаштарас тĕллевпе парти райкомĕ агитаторсене тăтăшах пухса вĕсемпе семинарсем тата канашлусем ирттерет. Семинарсемпе канашлусенче парти райкомĕн работникĕсем е партипе совет активĕн представителĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем лекцисем вуласа параççĕ.

Агитаторсен ĕç пахалăхне лайăхлатса пынă май районти колхозсенче политикăлла-массăлла ĕç чылай лайăхланчĕ. Куна эпир çакăнтан та аван куратпăр: районти колхозсем хуçалăхпа политикăлла ĕçсене ăнăçлăрах туса пыракан пулчĕç, колхоз хресченĕсен ĕç дисциплинине çирĕпленнĕçемĕн çирĕпленсе пырать; вĕсен производствăри творчествăлла активлăхĕ те чылай ÿсрĕ.

Пирĕн районти колхозсем тата машина-трактор станцийĕ кăçал çурхи ĕçсене 1952 çулхинчен чылай лайăхрах хатĕрленчĕç, суракине кĕскерех срокра тата пысăкрах пахалăхпа ирттерчĕç. Пĕтĕмĕшпе илсен, пирĕн кăçал тата çакăн пек ÿсĕм пур: районти ялхуçалăх артелĕсем суртыррисем акмалли плана пур культурăсем енĕпе те тултарчĕç. Колхозсем, пĕрле илсен, кăçал сураки планне 101 процент пурнăçларĕç, вăл шутран тулă акмалли задание 104 процент, пăрса йышши культурăсем акмалли задание 105,5 процент, пĕр çуллăх курăксем акмалли задание 109,8 процент, выльăхсем валли тымарçимĕç акмалли задание 101,1 процент, çĕрулми лартмалли, кантăр акмалли задание пĕтĕмпех пурнăçларĕç. Машина-трактор станцийĕ те ытти çулхисенчен чылай лайăхрах ĕçлерĕ, сураки планне 130 процент тултарчĕ.

Çак пĕтĕмĕшле ÿсĕмсем тăвас ĕçре, паллах ĕнтĕ, колхозсенчи тата МТС-ри парторганизацисем çумĕнчи агитколлективсем пысăк вырăн йышăнса тăчĕç. Кунта уйрăм агитколлективсен ĕçне илсе кăтартни те вырăнлă пулма пултарать.

Крупская ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнчи агитколлектив ĕçне лайăх енчен асăнма пулать. Колхозри агитколлектив хăйĕн ĕçне пуçламăш парторганизацире çирĕплетнĕ план тăрăх туса пырать. Агитколлективра агитаторсен семинарĕсене час-часах ирттереççĕ. Семинарсенче агитаторсем партипе правительство решенийĕсемпе, тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсемпе тĕплĕн паллашаççĕ. Кунсăр пуçне, агитаторсем семинарсенче политикăлла агитаци ĕçĕн опычĕпе анлăн паллашаççĕ.

Агитколлектив членĕсем колхозниксем хушшинче политикăлла-массăлла ĕç тăвас тĕлĕшпе нумай тĕрлĕ майсемпе усă кураççĕ, артель членĕсене хаçатсемпе журналсем тăтăшах вуласа параççĕ, вĕсем валли политинформацисем, докладсемпе лекцисем ирттереççĕ. Агитколлектив ĕçре наглядлă агитаци вăйĕпе те анлăн усă курать. Агитаторсем стена хаçачĕсемпе боевой листоксем кăлараççĕ, кăтарту хăмисем çине вăхăтра çырса тăраççĕ т. ыт. те.

Колхозри агитаторсем хăйсен политикăлла пĕлĕвне хăпартас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем пурте марксизм-ленинизм теорине тĕрлĕ майсемпе вĕренеççĕ. Агитаторсен хаçат-журнал çителĕклĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ «Агитатор блокночĕ» илсе тăрать. Кунти агитаторсем колхозниксен массисемпе яланах тачă çыхăну тытаççĕ. Вĕсем бригадăсенче, фермăсенче е производствăн ытти участокĕсенче ĕçлесе, ытти колхозниксене чи лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Агитаторсем хăйсен ĕçри пархатарлă примерĕпе, витĕмлĕ сăмахĕсемпе колхозниксен массисене производствăра çĕнĕрен те çĕнĕ ÿсĕмсем тума хавхалантарса пыраççĕ.

Крупская ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ сураки ĕçĕсене агротехникăлла кĕске срокра вĕçлерĕ, ирхи çĕртме тумалли плана июнĕн 5-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпех пурнăçларĕ. Халĕ колхозра, уй-хире тислĕк кăларас ĕç ăнăçлă пырать. Ялхуçалăх ĕçченĕсем çул-йĕр строительствинче те начар мар ĕçлеççĕ. Колхоз çул-йĕр строительствинче çĕр ĕçĕсем тумалли задание пурнăçланă. Халĕ артель членĕсем задание ытти мĕнпур ĕçсем тăрăх та срокчен тултарассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Колхозра тырпул пухса кĕртме хатĕрленес ĕç ăнăçлă пырать.

«Красный герой» колхозри парторганизацин агитколлективĕ те кăтартуллă ĕçлет. Кунта, пуринчен малтан, агитаторсене участоксем тăрăх тĕрĕс вырнаçтарма пĕлнине палăртмалла. Агитаторсем çураки ĕçĕсем пуçланиччен ех камăн мĕнле вырăнта, хăш-хăш колхозниксемпе пĕрле ĕçлемеллине лайăх пĕлсе тăчĕç. Кашни уй-хир бригадинчи колхозниксем хушшинче политикăлла агитаци ĕçне тума кунта вăтăр-тăватшар агитатор çирĕпленĕ. Агитаторсем — коммунистсемпе комсомолецсем, малта пыракан колхозниксем, бригадирсемпе правлени членĕсем. Агитколлектив членĕсем колхозниксен массисем хушшинче политикăлла темăсем тăрăх час-часах докладсемпе лекцисем, каласусем ирттереççĕ, стена хаçачĕсемпе боевой листоксем кăлараççĕ. Сураки вăхăтĕнче кунта 18 номер боевой листок тата, унсăр пуçне, стена хаçачĕсем те кăларнă. Калас пулать, политикăлла агитаци вăйĕ ку колхозра та аван палăрчĕ. Артель мĕнпур ĕçсене ăнăçлă туса пырать.

Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем чылай ĕçсемпе районта малта пыраççĕ. Артель членĕсем сураки ĕçĕсене агротехникăлла кĕске срокра туса ирттерчĕç, вĕсем акнă тырăсене лайăх пăхса ÿстереççĕ. Колхоз тырпул пухса кĕртме хатĕрленсе çитрĕ. Кунти ялхуçалăх ĕçченĕсем ĕçри ÿсĕмсем çинчен сăмах татсан, пуринчен малтан колхозри агитаторсем, коммунистсемпе комсомолецсен ятне хисеплĕн асăнаççĕ. Ку колхозра агитаторсем производствăра чи лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ, колхозниксен вăйне куллен çĕнĕ ÿсĕмсем тума мобилизациленĕ.

Политикăлла агитацин идейăлла шайне ÿстерес тесе, ку ĕçе ертсе пыракан партипе совет работникĕсене ытларах хутшăнтарни кирлĕ. Вĕсем массăсем хушшинче ытларах пулмалла, ĕçсыннисене докладсемпе лекцисем ытларах вуласа памалла, вĕсен кулленхи ыйтăвĕсене тивĕçтерчĕр.

Районти ертсе пыракан юлташсем ĕçсыннисем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе ытларах хаклакан пулчĕç. Кăçал, сăмахран, ертсе пыракан работниксем районти ĕçсыннисене партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх 200 доклад ытла вуласа панă. КПСС райкомĕн секретарĕсемпе пайĕсен заведующийĕсем, пропагандистсемпе инструкторсем, райисполком работникĕсем, çавăн пекех ытти ертсе пыракан работниксем те, ĕçсынни массисем хушшинче час-часах пулса, вĕсене докладсем вуласа параççĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăмах районти прокурор Г. Быстрицкин, сутçă пайĕн заведующийĕ Васильев, МТС директорĕ П. Смирнов тата ытти юлташсем хăйсен активлăхне кăтартнипе палăрас пулать.

Кунпа пĕрлех пирĕн ĕçре кăлтăксем те пĕтсе çитмен-ха. Уйрăм юлташсем политикăлла агитаци ĕçне паян кун та тивĕçлипе хаклама вĕренсе çитереймерĕç. Районти кинофикаци пайĕн заведующийĕ Гуцин, сыхăну кантурĕн начальникĕ Никифоров, çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Егоров тата ытти хăшпĕр юлташсем ĕçсыннисем хушшинче сахалтарах пулаççĕ, политикăлла ăнлантару ĕçне тивĕçлĕ вырăна хумаççĕ.

Уйрăм пуçламăш парторганизацисен руководителĕсем те ĕçсыннисем хушшинчи политикăлла-массăлла ĕçе вăйлатма çине тăрса тăрăшмаççĕ. Уйрăмах хĕрарăмсене воспитани парас ĕçе вăйлатма КПСС райкомĕ ĕçсыннисене политикăлла воспитани парас ĕçе вăйлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнать.

Политикăлла-массăлла ĕçе ытларах вăйлатса, ялхуçалăх ĕçĕсенче пысăкрах ÿсĕмсем туса пымалла, колхозсене организацилле хуçалăх енчен тĕреклетме мĕнпур шалти майсемпе туллин усă курмалла. Çакă вăл—пирĕн умри тĕп задачăсенчен пĕри.

**М. ЗАЙЦЕВ,**
**КПСС Шупашкар райкомĕн секретарĕ.**

## Стахановла шкулта вĕренеççĕ

Социализмла предприятисенче техникăна вĕренме, малта пыраканссен опычĕпе паллашма, квалификацие ÿстерме мĕн кирлине пурне те туса параççĕ. Кашни фабрикăра, заводра, стройкăра тĕрлĕ пекех стахановла шкулсем, тĕрлĕ курссем, кружоксем организациленĕ, наукăпа техника ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем ирттереççĕ, кинофильмсем кăтартаççĕ. Чылай çĕрте техникăлла кабинетсем, сăмахлă ĕçсем туса ирттерме мастерскойсем организациленĕ.

Шупашкарти пир-авăр фабрикинче хамăр çĕршывра туса кăларнă хăватлă техникăпа ĕçлеççĕ. Çав техникăна тухăçлă тата татти-сыпписĕр ĕçлеттерме ăста кадрсем кирлĕ. Дирекципе общественлă организацисем çамрăксене вĕрентес, рабочисен ăсталăхне ÿстерес ĕçе пысăка хурса хаклаççĕ. Кунта производствăлла техникăна вĕрентекен курс уçнă. Çак курс хĕлĕн-çăвĕн ĕçлет. Пĕрремĕш кварталта курсран 45 çын вĕренсе тухнă, халĕ 89 çын вĕренет.

Фабрикăра техникăлла кабинет организациленĕ. Кабинетра техника ыйтăвĕсем тăрăх тĕрлĕ пособисем, кĕнекесем нумай. Кунта тăтăшах консультаци параççĕ, лекцисем, докладсем ирттереççĕ. Кабинет çумĕнче стахановла шкул ĕçлет. Икĕ ушкăнра мастер помощникĕсем, виçĕ ушкăнра—ровничницăсем, икĕ ушкăнра—ткачихăсем, пĕр ушкăнра—çип арлакансем вĕренеççĕ. Стахановла шкулта занятисем интереслĕ иртеççĕ. Производство новаторĕсен хăйсен опычĕпе меслечĕ çинчен каласа панине, стахановла ĕçлеме вĕрентнине, малта пыракан мастерсем, инженерсемпе техниксем каласа панине итлеме рабочисем тулли кăмăлпа çÿреççĕ.

Елсуков юлташ ертсе пыракан бригада ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултарать, пĕрремĕш сорт продукци 96,37 процент вырăнне 99,7—99,8 процент таран туса кăларать. СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн министерстви ку бригадăна пысăк пахалăхлă продукци туса кăларакан бригада ятне памалла тунă. Елсуков юлташ бригадин паха опычĕ çинчен стахановла шкулта каласа панă.

Стахановла шкулта вĕренекенсен хăйсен тавракурăмне сараççĕ, пуçарулăхне ÿстереççĕ, техникăна лайăхрах паллашаççĕ. Васильева ткачиха çипе 2,4 секундра сыпакан пулнă. Норма тăрăх 3,9 секундра сыпмалла. Катушкăсене нормăна палăртнинчен 3,6 секунд хăвăртрах улăштарать. Хомина, Степанова ткачихăсем тата ыттисем те, малта пыраканссен мелĕсемпе паллашнă хыççăн, ĕç тухăçлăхне чылай ÿстернĕ.

Фабрика çĕнĕ кĕнекесем, журналсем чылай илсе тăрать. Стахановецсем, мастерсем, инженерсемпе техниксем чылайăшĕ çулсерен Мускаври, Ленинградри, Ивановăри тата ытти хуласенчи малта пыракан фабрикăсенче пулаççĕ, тĕрлĕ курссенче хăйсен квалификацине ÿстереççĕ. Фабрикăра çĕнĕ техникăна вĕренме ятарласа курс организациленĕ. Пĕрремĕш кварталта курсран 13 çын вĕренсе тухнă. Чылай çамрăксем пир-авăр техникумĕн каçхи уйрăмĕнче, çамрăк рабочисен шкулĕнче тата заочно вĕренеççĕ.

Фабрика хăй валли çеç мар, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ валли те ăста рабочисем чылай вĕрентсе хатĕрлет. Кунта ĕçленĕ чухне стахановла шкулта вĕреннĕ чылай юлташсем Гори хулинчи пир-авăр комбинатĕнче ĕçлеççĕ.

Рабочисем техникăна вĕренес, производство новаторĕсен опытне пĕтĕçтерсе сарас ĕçе лайăх йĕркелени фабрикăна производство планне ăнăçлă тултарса пыма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма, чĕртавар перекетлеме пулăшать.

**Н. НЕСТЕРЕНКО.**

## *Районти хаçатсене пăхса тухни*

# Информаци çинчен

Вырăнти пурнăçа пур енчен те тĕплĕн сутатасси районсемпе хуласенче тухса тăракан хаçатсен задачи пулса тăрать. Ку тĕлĕшпе хаçатсенче информацилле материалсем пысăк вырăн йышăнмалла.

Информаци вăл—витĕмлĕ агитаци, пирĕн ÿсĕмсене пурнăçри фактсемпе çирĕплетекен агитаци.

Ĕçсыннисен пурнăçĕ пĕрмай лайăхланса пырать. Промышленность предприятийĕсем, ялхуçалăхĕ çĕнĕ техникăна пуянланаççĕ. Культурăпа сутĕç учрежденийĕсен хисепĕ ÿсет. Пур çĕрте те творчествăлла ĕç вĕресе тăрать. Халăх тулли те хаваслă пурнăçпа пурăнать. Колхозра электростанци туса пĕтернĕ, çĕнĕ клуб уçнă, библиотекăна çĕнĕ кĕнекесем илсе килнĕ, культура суртĕнче паха лекци пулнă, колхозниксен пĕр ушкăнĕ малта пыракан колхоза экскурсие кайса килнĕ. Мĕн кăна пулса иртмест пулĕ районта. Редакцин çаксене пурне те вăхăтра курса, хаçатра сутатмалла. Мĕншĕн тесен çав тĕслĕхсем совет çыннисен пурнăçпа йăла условийĕсем лайăхланса пынине, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшнине кăтартса параççĕ.

Вырăнти пурнăçа лайăх сутатас тĕлĕшпе районсенчи чылай хаçатсем хăйсен пултарулăхне кăтартаççĕ. Вĕсем информацилле материалсене «Хамăр район тăрăх», «Пирĕн районта», «Шкулсенчен килнĕ хыпарсем», «Спорт хыпарĕсем» тата ытти тĕрлĕ рубрикăсем айне пĕрлештерсе параççĕ. Редакцисем информаци тематикине анлăлатма тăрăшаççĕ.

Вăрнар районĕнчи «Социализм çулĕпе» хаçатăн 42-мĕш номерне илер. Çак номерте колхозсемпе предприятисенчен килнĕ хыпарсене «Хамăр район тăрăх» рубрика айне пĕрлештерсе панă. Мĕн çинчен пĕлтерет-ха вăл хăйĕн вулаканĕсене? Вăрнарти зооветтехникумра стена хаçачĕсен выставки пулса иртнĕ, лайăх стена хаçачĕсен редколлеги членĕсене премисем панă. Çĕнĕ Мĕлĕш, Уравăш, Пăртас тата Ершепуç ялĕсенче юрă праçникне хатĕрленеççĕ. Хаçат Мăн Турханти Ленин ячĕпе тăракан колхозри строительство бригадин паха ĕçĕсем çинчен сырать. Чăрăшкас Мăратра «Туслăхпа юлташлăх» тема тăрăх паха лекци пулнă, ăна 350 çын итленĕ. Кăçал районти ĕçсыннисене государство заемĕсен облигацийĕсем тăрăх 323 пин тенкĕ ытла выляв укçи тÿленĕ тата ыттисем çинчен те пĕлтерет хаçат.

Ун хыççăнхи тепĕр номерте хаçат «Акатуй уявĕ умĕн», «Ял илемĕшĕн», «Тимĕр-тăмăр пухаççĕ», «Обязательствăсене срокчен пурнăçлаççĕ», «Вĕренекенсем валли лекци», «Вĕсем вăтам шкул пĕтереççĕ», «Итоглă занятисем пулчĕç» тата ытти тĕрлĕ информацилле материалсем пичетлет. Вулакан Вăрнарти вăтам шкулта экзаменсем ăнăçлă пыни, Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçлани, Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çулсемпе кĕперсене юсани, яла илемлетни, Калинин ячĕпе тăракан колхоз членĕ С. Федоров сакăр кашкăр çури тытни, уншăн 1.800 тенкĕ преми илни çинчен пĕлтерет. Çакăн пек пĕр-пĕр рубрика айне пĕрлештерсе панă лайăх та çĕнĕ хыпарсене татах та илсе кăтартма пулать.

Хаçат редакцийĕ çав хыпарсене районти тĕрлĕ колхозсенчен тата нумай авторсенчен илсе пичетлеме тăрăшать. Пĕрлештерсе паман материалсенче те хаçат çĕнĕ хыпарсем нумай пĕлтерет. Çакă мĕн редакци информаци çине тимлĕн пăхни çинчен калать. Çапла туни хаçат содержанине пуянлатать, ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парас задачăна пурнăçлама пулăшать. «Социализм çулĕпе» хаçат вырăнти фотоÿкерчĕксем те пичетлет, фотоочерксем кăларать. Çакă хаçата татах та пуянлатать.

Вырăнти пурнăçа лайăх сутатас тĕлĕшпе Улатăр хулинчи «Ленинский путь» тата ытти хаçат редакцийĕсен начар мар ĕçленине палăртмалла.

Анчах хăшпĕр районсенчи хаçатсем вырăнти пурнăçа сутатас ĕç çине хелĕ тивĕçлипе пăхмаççĕ. Вĕсем информаци пĕлтерĕшне хакламаççĕ. Пичетленекен материалсен тематикипе содержанине пуянлатма тăрăшмаççĕ. Первомайски районĕнчи «Коммунар» хаçачĕн (редакторĕ И. А. Николаев) район пурнăçне сутатас тĕлĕшпе нимĕнле система та çук. Редакцие мĕнле корреспонденци килет, çавна пичетленипех лăпланса лараççĕ. Редакцинче ĕçлекенсем районти çĕнĕ хыпарсене вулакансене вăхăтра пĕлтерме тăрăшни курăнмасть.

Кăçал тухнă номерсенче район пурнăçне сутатакан материалсене «Хамăр район тăрăх» е урăхла рубрика айĕнче пĕрлештерсе пани пĕрре те пулман. Редакци информацилле материалсене хаçат страницисенче пушă вырăн юласран кăна кĕрте-кĕрте лартать. Лайăх материалсене вырнаçтарма тăрăшмасть. Алă айне мĕн лекет, çавна пичетлеççĕ тата ăна ăçта май килет, çавăнта кĕртсе лартаççĕ. Редакцинче ĕçлекенсем кашни заметкăна форми енчен те, чĕлхе енчен те интересларах тума тăрăшмаççĕ. Заметкăсем пĕр пек, шаблонла пулса тухаççĕ.

Калас пулать, редакци районти колхозсемпе предприятисен тата учрежденисен пурнăçне тĕплĕн сутатма тăрăшмасть. Шверник ячĕпе, «Путь социализма», «Пионер», «Комсомолец», «Большевик» тата ытти хăшпĕр колхозсем çинчен часчасах çырать пулсан, «Красная Чувашия», Калинин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, Хрущев ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан, «Красная поляна», «Красный флот» колхозсен ячĕсем хаçатра сахал куранаççĕ. Унти çынсен, культурăпа сутĕç учрежденийĕсен, тĕрлĕ организацисен ĕçĕсем çинчен хаçат çырмасть.

Хаçатра «Спорт хыпарĕсем», «Культурăллă пурнăç хроники», пулса иртнĕ ĕç çинчен çăмăл чĕлхепе çырнă корреспонденцисем, зарисовкăсем пачах çук.

Районсенчи хăшпĕр хаçатсем вырăнти фотоÿкерчĕксене час-часах пичетлеççĕ, фотоочерксем те параççĕ. Çакă хаçата илемлетет, унăн содержанине пуянлатать. «Коммунар» хаçат редакцийĕ ку тĕлĕшпе нимĕн те тумасть.

Редакци районти ĕçсыннисен ĕçне, вĕсен культурăллă ÿсĕмне, пурнăçĕпе канăвне вăхăтра тата лайăх сутатма тăрăшмасть. Чылай заметкăсем форми енĕпе пĕр-пĕринчен уйрăлса тăмаççĕ. Çавăнпа вĕсем вулакансене интереслентермеççĕ, хумхантармаççĕ.

Информацилле материалсем пичетленмен е сахал пичетлекен хаçат пичет умĕнче тăракан организаторла тата ĕçсыннисене воспитани памалли задачăна ăнăçлăн пурнăçлама пултараймасть. Хаçат редакцисенче ĕçлекенсен район, хула пурнăçне сутатассине вăйлатмалла. Информацилле материалсем хаçата илемлетни, унăн содержанине пуянлатни çинчен яланах асра тытмалла.

## *Агитаторсене пулăшма*

# Колхозла социализмла харпăрлăх—колхозсен обществăлла хуçалăхĕн никĕсĕ

Пирĕн çĕршывра колхозла харпăрлăх производство хатĕрĕсен социализмла харпăрлăхĕн икĕ форминчен пĕри пулса тăрать. Вăл сапаланчăк, хресченсен вак хуçалăхĕсене пысăк, коллективлă хуçалăхсене—колхозсене пĕрлештернипе тата ялта кулаксене экспроприацилленипе пулнă. Колхоз стройĕ çĕнтернипе пула ялта колхозла обществăлла харпăрлăх пулса тăнă.

Государствăн пĕтĕм халăх харпăрлăхĕнчен колхозла-кооперативла харпăрлăх çакăнпа уйрăлса тăрать: вăл ушкăнла харпăрлăх, тепĕр майлă каласан, ĕçсыннисен уйрăм коллективĕсен—колхозсен, коопераци пĕрлешĕвĕсен харпăрлăхĕ. Ĕçсыннисен уйрăм коллективĕсен аллинче тăракан колхозла харпăрлăх çынна çын эксплуатацилес йĕркене пĕтерет, мĕншĕн тесен коллективла ялхуçалăх предприятийĕсенче производство хатĕрĕсене хăй аллинче тытса тăракан класс çук, çав производство хатĕрĕсемсĕр класс та çук.

Социализмла предприятисем пулса тăракан колхозсен хăйсене евĕр уйрăмлăхĕ çакă пулать: вĕсем хăйсен ĕçĕнче социализмла харпăрлăхăн икĕ форми çинче никĕсленсе тăраççĕ. Колхоз вăл—уйрăм йышши предприяти: вăл государство çĕрĕ çинче ĕçлет, ăна колхозсене ĕмĕрлĕхех усă курма çирĕплетсе панă: вăл пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ пулса тăракан ĕç хатĕрĕсемпе усă курса ĕçлет, вĕсем машина-трактор станцисен аллинче тăраççĕ. Колхоз хăйĕн членĕсен ĕçлевĕпе усă курать, тупăшсене членсем хушшинче ĕçкунĕ тăрăх валеçет, çав вăхăтрах колхозăн хăйĕн вăрлăхсем пур, вĕсене çулсеренех çĕнетсе, производствăна ярса тăраççĕ.

Колхозла-кооперативла харпăрлăх шутне обществăлла çурт-йĕрсем, колхозсемпе коопераци организацийĕсенчи предприятисем, выльăх-чĕрлĕх, вак инвентарь, туса хатĕрлекен продукцисем кĕреççĕ. Колхозла харпăрлăхăн тĕп пайĕ вăл—колхоз производствинче тăвакан продукци. Колхоз продукцине çулсерен çĕнетсе тата пайласа тăраççĕ, хакпа шутласан, вăл колхозсен тĕп производство фончĕсенчен чылай пысăкрах.

Колхоз производствинче государствăн производство хатĕрĕсем тĕп вырăн йышăнаççĕ. Ялхуçалăх производствин тĕп хатĕрĕсем социализмла государство аллинче пулни колхоз производствине хăвăрт ÿстерсе пыма май парать. Çавăнпа та ĕнтĕ социализмла ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсем ССР Союзĕнче хăватлăн аталанаççĕ тата колхоз стройне тĕреклетсе пыраççĕ ялхуçалăхĕнчи производство фонĕнче государство харпăрлăхĕн пĕлтерĕшне ÿстерсе пынипе питĕ тачă çыхăнса тăрать. Совет правительствипе Коммунистсен партийĕ тăрăшнипе вăрçă хыççăнхи вăхăтра МТС-сен производство фончĕсем нумай ÿсрĕç. МТС-семпе совхозсенчи трактор паркĕн пĕтĕм хăвачĕ, вăрçă умĕнхи шайпа танлаштарсан, 59 процент, комбайнсем—51 процент ÿсрĕç. Чи лайăх техникăпа хĕçпăшаллантарнă машина-трактор станцисем колхозсенчи çĕрĕçĕнче кирлĕрех ĕçсене пурне те тăваççĕ. Социализмла промышленность хăватлăн ÿссе пынă май колхоз производствинче государство харпăрлăхĕн пĕлтерĕшĕ малашне татах та хăвăртрах ÿссе пырĕ.

Марксизм-ленинизм çапла вĕрентет: обществăлла кирек мĕнле стройăн аталанăвĕнче те чи кирли, татса параканни производство пулса тăрать. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви колхозсен обществăлла хуçалăхне тĕреклетсе аталантарма, пайланман фондсене нумайлатма, вĕсемпе колхозсен производствинче тĕрĕс усă курмалла тума тăтăшах тимлĕн тăрăшаççĕ. Колхозсен пайланман фончĕсем 1952 çул тĕлне 1940 çулхинчен икĕ хут ытла ÿснĕ. Уйрăм республикăсемпе облаçсенчи колхозсем тата та пысăкрах çитĕнÿ тунă. Кубаньри колхозсенче пайланман фондсем икĕ çул хушшинче кăна (1951—1952 ç. ç.) 32 процент ÿснĕ. Украинăри колхозсен пайланман фончĕсене юлашки иртнĕ виçĕ çул хушшинче 4 миллиард тенкĕ хутшăннă е, 1940 çулхипе танлаштарсан, 48 процент ÿснĕ. Молдавири колхозсен пайланман фондĕнче 1949 çулта 250 миллион тенкĕ пулнă, 1951 çулта çав хисеп 683 миллион тенке çитнĕ. Çакна ăна укçан илекен тупăш пысăк пулнипе тума пултарнă.

Пайланман фондсем колхозсен обществăлла хуçалăхĕн никĕсĕ пулса тăраççĕ. Вĕсем колхоз производствин материальнăй базине сарма тата тĕреклетме, колхозсен производствин тĕп средствисене анлă воспроизводство йĕркипе туса пыма—çурт-йĕрсем лартма, ĕç выльăхĕ тата продуктивлă выльăх илме, ялхуçалăх инвентарĕ туянма, электростанцисем, çĕре шăвармалли системăсем тума, çавăн пекех тата ытти ĕçсене пурнăçлама та каяççĕ.

Çавăн çинчен фактсем усăмлăн каласа пара. Юлашки иртнĕ виçĕ çул хушшинче колхозсем выльăх-чĕрлĕх валли çĕнĕрен 540 пин ытла çуртсем тунă. Молдави ССР-ĕнчи колхозсем 1951 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса 1952 çулхи августăн 1-мĕшĕ тĕлне, тепĕр майлă каласан, çулталăк çурăра производство çурт-йĕрĕсем 2.644 лартнă, тума пуçланисем 2.226 пулнă. Краснодар крайĕнчи Кореновски районĕнчи колхозсем 1952 çулта пайланман фондсене 8 миллион тенке çити ÿстернĕ, вăл укçаран пысăк пайне строительствăна янă. Асăннă районти колхозсем пĕр çулта кăна обществăлла çурт-йĕрсем 90 тунă, вăл шутран лайăх витесем 36 лартнă.

Колхозсен обществăлла хуçалăхне пур енĕпе те аталантарнă, вĕсен материалла-производствăлла базине тĕреклетнĕ никĕс çинче кăна колхозсенчи тупăшсене ÿстерсе пыма, колхоз хресченĕсен пурнăçĕпе культурине малалла лайăхлатса пыма пулать. КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче колхозсен обществăлла харпăрлăхне нумайлатма, обществăлла хуçалăха тĕреклетсе пыма кăтартса панă. Çакă вăл колхоз строительствин питĕ кирлĕ задачи пулса тăрать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çакна палăртнă: укçа-тенкĕне колхозсенче, чи малтан, колхозсен обществăлла хуçалăхне малалла аталантарма — хуçалăх çурт-йĕрĕсем, выльăх сурчĕсем, çĕре шăвармалли тата типĕтмелли каналсем, шыв пухăнса тăмалли вырăнсем тума, çĕрсене вĕтĕлĕхсенчен тасатма, колхозсенчи электростанцисем тума ямалла.

Колхозла харпăрлăх аталанса пынине колхоз производствин продукцийĕ хăвăрт ÿссе пыни те лайăх кăтартса парать. Çак харпăрлăх МТС ĕçленĕшĕн натуроплата тÿлеме, государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçлама, обществăлла фондсем тума (вĕсем производство процесне пуçласа яма кирлĕ), колхозниксене ĕçкунĕ çине валеçсе пама тата пасарсенче сутма каять. Çавсемпе уйрăлса тăрать ĕнтĕ вăл пайланман фондсенчен.

Социализмла хуçалăх условийĕсенче обществăлла харпăрлăх социализмла анлă воспроизводствăна пула ÿссе пырать, хăй черечĕпе вăл социализмла производствăна пĕрмаях ÿссе пыма май парать.

Социализмла ялхуçалăхĕ пысăк хăвăртлăхсемпе аталаннине ялхуçалăх продукчĕсем туса кăларасси ÿссе пыни усăмлăн çирĕплетсе парать.

1952 çулта тĕштырăсен пĕтĕм тухăçлăхĕ 8 миллиард пăт пулнă, апат-çимĕçре питĕ кирлĕ культура—тулă тухăçлăхĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, 48 процент ÿснĕ. 1951 çулта çĕр мамăк-сыреçăн пĕтĕм тухăçлăхĕ вăрçă умĕнхи шайран 46 процент, сахăр кăшманĕн пĕтĕм тухăçлăхĕ 31 процент иртсе кайнă. Ялхуçалăхĕн продуктивлăхĕ, таварлăхĕ тăтăшах ÿссе пынă.

Социализмла ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсене малалла хăпартса пырас ĕçре вак колхозсене пĕрлештерсе пысăклатни палла вырăн йышăнать, мĕншĕн тесен шултра колхозсенче обществăлла хуçалăха аталантарса лайăхлатма майсем ытларах пулаççĕ. 1950 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне 254 пин вак колхоз пулнă пулсан, хальхи вăхăтра пĕрлештерсе пысăклатнă ялхуçалăх артелĕсем 97 пин шутланаççĕ.

Вак колхозсене пĕрлештернĕ май, вăтам шутпа кашни колхоз пуçне сухалакан çĕр лаптăкĕ 2,5 хут ытларах тивет. Çĕрпе усă курассине лайăхлатнипе пула колхоз производствинче техникăпа усă курасси тата малта тăракан меслетсемпе ĕçлесси тĕпрен лайăхланчĕ. Хальхи вăхăтра çĕр лаптăкĕн кашни единици çине тĕп производство хатĕрĕсемпе энергетика ресурсĕсем чылай ытларах тивеççĕ. Вак колхозсене пĕрлештерсе пысăклатни вĕсен хуçалăхне экономика тĕлĕшĕнчен хăватлăрах туса хунине пĕлтерет. Ку вăл колхозсен материалла-техникăлла никĕсĕ ÿснипе пулса пырать. Çакна пула колхозсем хăйсен обществăлла производствине нумай лайăхрах туса пыма, обществăлла хуçалăха пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталантарма тытăнчĕç.

Колхозсене организацилле хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес, вĕсен обществăлла хуçалăхне малалла ÿстерсе пырас ĕçре кадрсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Партипе Совет правительстви колхоз кадрĕсен политикăлла тата ĕçлĕ квалификацине ÿстерессишĕн тăтăшах тăрăшаççĕ, вĕсене агрономи пĕлĕвĕсене, ялхуçалăх техникине вĕренме, ĕçе ертсе пырассине алла илме пулăшаççĕ. 1952 çул пуçламăшĕ тĕлне аслă тата вăтам пĕлÿ илнĕ колхоз председателĕсем çĕршывра 18 пин ытла пулнă. Кунсăр пуçне, 15 пин председателе ыхăн государствăн икĕ çуллăх тата ултă уйăхлăх шкулĕсенчен вĕренсе тухнă. 1952 çулта Краснодар крайĕнче колхоз председателĕсем пулса аслă тата вăтам пĕлÿ илнĕ ялхуçалăх специалисчĕсем 55 процент ĕçленĕ. Украинăра колхоз председателĕнче ялхуçалăх специалисчĕсем 3 пин çын ытла ĕçлет. Арменире кашни виççĕмĕш колхоза специалист ертсе пырать. Колхозниксем агротехникăпа лайăхрах усă курма вĕренсе пыраççĕ. Тĕрлĕ агрозоотехника курсĕсенче 1952 çулта 4,7 миллион çын вĕреннĕ.

Колхозсен обществăлла хуçалăхне аталантарма питĕ кирлĕ тепĕр ĕç вăл — колхоз производствине агробиологи наукин çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта кĕртсе пырасси пулать. Малта пыракан нумай колхозсем, наука çитĕнĕвĕсемпе творчествăлла усă курса, çĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх продуктивлăхне ÿсте-

# „С-4" комбайнпа тырпул пухса кĕртес ĕçри манăн опыт

*И. Цапаев,*
*Улатăр МТС-ĕн комбайнерĕ*

Самоходлă «С-4» комбайнпа эпĕ виççĕ çул ĕçлетĕп. 1950 çулта пĕрчĕлĕ тырăсем 277 гектар çинчен, 1951 çулта 426 гектар çинчен, вăл шутран 68 гектар çинчен нумай çул ÿсекен вăрлăхлăх акнă курăксем пухса кĕртрĕ. Вăтам шутпа «С-4» комбайнпа сменăра 18—22 гектар çĕр лаптăкĕ çинчен тырпул пухса кĕртрĕ, хăшпĕр чухне 30 гектар çинчен пухса кĕртни те пулнă.

Манăн опыт çакна кăтартать: комбайна тухăçлă ĕçлеттерме кирлĕ тĕп услови вăл—ăна вăхăтра тата пысăк пахалăхпа юсаса тăрасси тата хирте тухаччен ĕçлеттерсе пăхасси пулать.

Хире тухас умĕн эпĕ тырă мĕнле пулнине шута илсе комбайна тĕплĕн йĕркелесе çитеретĕп. Тырă çÿлĕ пулнă чухне мотовилăна ветровой щиток патне мĕнле те пулсан çывăхарах çитерме тăрăшатăп. Унсăрăн консольлă шнексем вырса илнĕ массăна барабана йĕркеллĕ парса тăма пултараймаççĕ. Мотовилăна шнексем патнерех сиктерсе лартни консольлĕ шнексене вырса илнĕ тырăллă улăма тĕп полотно çине парса тăма пулăшать. Улăм шнексем çине сыхланса ан лартăр тесе, эпĕ делительсене жатка ĕççине мотовилисем хушшине шалалла пăрса лартатăп. Барабан валĕ ан вăрттăр тесе чĕне пушататăп. Мотовила варрăншне комбайн хăвăртлăхĕпе танлаштаратăп. Кун пек тумасан мотовилăсем улăма шнек çине туни вĕçĕпе мар, пучах вĕçĕпе пама пуçлаççĕ. Çакă вăл пĕтĕм агрегат ĕçне чăмантарса тăрать.

Виçĕ çул хушшинче эпĕ ялăнах «Победа Октября» колхозра ĕçлесе тăнă. Савăнпа та хирти кашни участока лайăх пĕлсе тăратăп. Трактор бригадине уй-хир бригадисенчи çынсене те лайăх вĕренсе çитрĕм. Эпĕ тырпул пухса кĕртес ĕçе ялан пĕрле ĕçлекен çынсемпе тăватăп. Çакă вăл чи кирли пулса тăрать. 1950 çулта комбайнер помощникне П. Кузовенкова, 1951 çулта В. Доргачев юлташа комбайнпа ĕçлеме вĕрентсе çитертĕм.

Эпир комбайна техника тĕлĕшĕпе пăхмалли правилăна çирĕппĕн пăхăнса тăратпăр. Комбайна ирхине виçĕ сехетрен пуçласа улта сехетчен пур енчен те тĕплĕ пăхса тухатпăр. Кашни çын бригадара çирĕп йĕрке тăрăх ĕçлесе тăрать. Комбайнер помощникĕ автонагнетательпе подшипниксене çу сĕрет, улăм купалакансем машинăна тасататççĕ тата улăм купалакан машина пайĕ мĕнле ĕçленине тата вăл комбайна мĕнле пĕрлешсе тăнине тĕрĕслесе тухаççĕ. Эпĕ вара мотора, электрооборудование, проводсене тĕплĕн тĕрĕслесе тухатăп, уйрăмах кирлĕ пайсене йĕркелесе лартатăп, муфтăсем мĕнле тăнине те сăнчăрсем пушаннине пушанманнине пăхса тухатăп. Çав вăхăтрах заправщик бака бензин тултарать, шыв турттарса тăракан радиатора шыв тултарать. Машинăна тепĕр хут тĕрĕслесе тухса бензин тата шыв тултарма кăнтăрла 12 сехетре тата каçхине 6 сехетре чарса лартатпăр.

Çĕршыври малта пыракан комбайнерсен опычĕпе усă курса, эпĕ сехет тăрăх ĕçлемелли график тата маршрут туса хатĕрлеме пуçларăм. Маршрут тăрăх хăш вырăнта машинăна чарса бензин тата шыв илмеллине, малтан хăш вырăнта пуçĕ хĕррине вырса тухмаллине палăртса куратпăр. Тырпул пухса кĕртмелли ĕçсене малтанах çакăн пек палăртса хуни вăл ĕç тухăçлăхне ÿстерме кирлĕ пахă резервсенчен пĕри пулса тăрать. Чи малтан эпир тырă лайăх пулса çитнĕ вырăнсене ĕçлеме тытăнатпăр.

Комбайна туллин усă курмалли тĕп условисенчен пĕри вăл—машинăна çÿретмелли хăвăртлăха тĕрĕс йĕркелесси пулать. Сумкурăкĕсенчен таса тырпула пухса кĕртнĕ чухне машинăна иккĕмĕш хăвăртлăхпа ĕçлеттеретĕп. Çăра, чĕрĕ е сумкурăклă пусса илнĕ вырăнсенче машинăна пĕрремĕш хăвăртлăхпа ĕçлеттеретĕп.

Комбайн тухăçлă ĕçлемелли паха резерв вăл—тырра бункертан машина ĕçленĕ вăхăтрах пушатса тăрасси пулать. Çакăн пек тума ятарласа пĕр автомашина уйăрнă. Вăл вырса çапнă тырра итем çине леçсе тăма ĕлкĕрет.

Кăçалхи тырпула пухса кĕртме пирĕн комбайн пĕтĕмпех хатĕр. Хамăн помощникпа Анатолий Бушуевпа эпир тата тепĕр хут хамăр ĕçлесе тăракан «Победа Октября» колхози тырă çитĕнекен çĕр лаптăкĕсене пăхса тухрăмăр, участоксемпе тĕплĕн паллашрăмăр.

## ТЫРПУЛ ПУХСА КĔРТМЕ ХАТĔРЛЕНЕС ĔÇЕ ВАЙЛАТМАЛЛА

КОМСОМОЛЬСКИ. Ленин ячĕпе тăракан колхозăн кăçал 567 гектар çинче кĕрхи тырăсем, 778 гектар çинче çуртрисем пухса кĕртмелле. Паллах ĕнтĕ, тырпул пухса кĕртме кирлĕ пек хатĕрленмесен çак пысăк хăвачĕна ăнăçлăн пурнăçлама май çук. Ун çинчен колхозăн иртнĕ çулхи йăнăшĕсем те калаççĕ.

Иртнĕ çулта Ленин ячĕпе тăракан колхоз тырпул пустарса кĕме çителĕксĕр хатĕрленнĕ. Уйрăмăнах ку ĕçре Комсомольски ялĕнчи уй-хир бригадисенче пысăк ситменлĕхсем пулнă. Савăнпа ĕнтĕ колхоза тырпул пустарса кĕртес ĕç питтех те вăраха кайнă. Тырпул нумай тăкаланнă.

Кăçал колхозăн тырпул пухса кĕртме тимлĕн хатĕрленмелле. Анчах та çакна курма çук-ха. Колхоз правленийĕ нумай пулмасть пулса иртнĕ ларура тырпул пуçтарса кĕртес ĕçе июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне хатĕрленсе çитме кирли çинчен решени йышăнчĕ, ку тĕлĕшпе тумалли ĕçсене палăртрĕ. Анчах та йышăннă решени хут çинче кăна юлнă. Тырпул пухса кĕртме хатĕрленес тĕлĕшпе халлĕхе нимĕнле ĕç те туман.

Зерносушилкăсем çителĕксĕр пулнипе колхоз государствăна тырă парас тĕлĕшрен çулсерен пысăк чăрмавсем тÿссе иртерет. Зерносушилкăсем тăвасси çинчен колхозниксем çултан-çул ыйту хускатаççĕ, анчах та колхоз правленийĕ çак ĕçе кăçал та тума шутламасть. Колхозри 3 зерносушилкăран иккĕшĕ юсавлă мар, вĕсене юсасси çинчен шухăшламаççĕ те. Колхозра пурĕ 36 кĕлет. Вĕсенчен çурри ытла хума юрăхсăр.

— 3-мĕш номерлĕ кĕлетĕн уратисем çĕрĕк, урата юписем çук. Анчах та колхоз правленийĕ эпĕ çакăн çинчен асăрхаттарса калаппине шута илмест,—тет кладовщица Е. Долгова юлташ.

Кĕлетсем çителĕксĕр пулнă пирки тырпа çулсеренех уйрăм колхозниксен кĕлечĕсенче усраççĕ. Ĕçкунĕ нумай пĕтет. Çав вăхăтрах колхозра юсаман пирки усă курмасăр пушă ларакан кĕлетсем пур. 13-мĕш номерлĕ кĕлете иккĕмĕш çул ĕнтĕ нимĕн те хумаççĕ. Кĕлете юсама материал нумай кирлĕ мар, тăрăшни кăна кирлĕ.

Н. КВАСОВ.
Л. ТАЛЛЕРОВ.

# Районсенчи юрă праçникĕсенче

### ИШЛЕЙ

Кăнтăрла 12 сехет тĕлне район центрне колхозниксем йышлăн пухăнчĕç. Юрă праçникĕ уçăлнă ятпа райисполком председателĕ П. Николаев юлташ ĕççыннисене саламларĕ.

КПСС райкомĕн секретарĕ О. Калинина юлташ кăçал районти колхозсем çуракине ăнăçлăн вĕçлени çинчен каларĕ. Кăçал районти чылай колхозсем çуракине кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа иртерчĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăмах Карл Маркс ячĕпе, Киров ячĕпе, «Броневик», Маленков ячĕпе тăракан колхозсем пысăк çитĕнÿсем тунă. ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Львов юлташ районти комсомолецсемпе çамрăксем ялхуçалăх ĕçĕнче лайăх тĕслĕх кăтартнине палăртрĕ. Çураки вăхăтĕнче тата çул-йĕр строительствинче ĕçлеме «Правда» колхозра çамрăксенчен тăракан бригада тунă. Ăна комсомолец Нестеров юлташ ертсе пырать. Колхоз июнĕн 20-мĕшĕ тĕлне çул-йĕр тумалли плана тултарнă.

Юрă праçникĕ Совет Союзĕн Гимнне юрланипе уçăлать. Пĕрлештернĕ хор вырăс тата чăваш юррисене ăста юрласа парать. Уйрăмах Анат Кĕнерти, Кипеч-кассинчи, Буденный ячĕпе тăракан колхозсем юрă праçникне лайăх хатĕрленнĕ. Вĕсен коллективĕсем чылай юрăсене пысăк пултарулăхпа юрласа пачĕç.

Праçникре физкультурăпа спорт ăмăртăвĕсем пулса иртрĕç.

Ф. МАЛЫШКИН.

### КУСЛАВККА

«Динамо» колхозăн çатма пек тÿрем улăхĕ. Пĕр енче—ешĕл вăрман, тепĕр енче—çĕнелнĕ Аманик ялĕ. Ялпа вăрман хушшинчи пысăк лаптăк пĕтĕмпех халăхпа тулнă. Районти юрă праçникне иртерме Куславкка, Вăрмар тата Октябрьски районĕсенчи ĕççыннисем килнĕ.

Митингра КПСС райкомĕн секретарĕ М. Евдокимов юлташ сăмах каларĕ.

— Савăнса юрлама сăлтав пур,— терĕ вăл.— Тăван çĕршывра мирлĕ строительство пырать. Çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, гидроэлектростанцисемпе çÿлĕ çуртсем ÿсе-ÿсе лараççĕ. Уй-хирте тухăçлă тырпул ÿсет. Çакă пире савăнтарать. Юрлар-ха, юлташсем, савăнса, Тăван çĕршывпа партие мухтаса.

Унтан улва пухăннисене МТС директорĕ Г. Захаров, «Правда» колхоз председателĕ В. Тимофеев, «Динамо» колхоз председателĕ Я. Русскин юлташсем саламлаççĕ.

Районти ялхуçалăхпа хатĕрлев управленийĕн начальникĕ Г. Макаров юлташ КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне «Правда» колхоз аллинчех хăварни çинчен пĕлтерет, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе лайăх ĕçленĕшĕн колхозниксене укçан премилесе, хисеп грамотисем парать.

...Сывлăшра юрă янраса каять. 300 çынтан тăракан пĕрлештернĕ хор Совет Союзĕн Гимнне юрлать, унтан «Пирĕн юрă янратăр ялан», «Сталинград» тата ытти юрăсем шăранаççĕ.

Уявра пулнисем районти культура çурчĕн, «Правда», Молотов ячĕпе тăракан колхозсен коллективĕсен тата уйрăм исполнительсен пултарулăхне кăмăлласа йышăнчĕç.

Эстрада умĕнчен çынсем улăх варрине куçаççĕ. Унта хăвăрт чупакан лашасен ăмăртăвĕпе спорт вăййисем пуçланаççĕ. Малти вырăнсене «Победа», «Динамо» тата «Дружба» колхозсен лашисем йышăнаççĕ. Ăмăртура мала тухакансене премисем параççĕ.

Районти юрă праçникĕ хаваслă та савăнăçлă иртрĕ.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

# Туслăхпа тăванлăх

Туслăх! Тăванлăх! Мĕнле пысăк пĕлтерĕшлĕ, кăмăллă сăмахсем. Мĕнле вĕсем нумай çинчен калаççĕ пире. Хăй вăхăтĕнче вырăссен аслă писателĕ Алексей Максимович Горький çынсем çавах та тăванла пулĕç, тенĕ. Ку вăхăт çитрĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ертсе пынипе, аслă вырăс халăхĕ пулăшнипе социализмла çĕршывра пур халăхсем те тăванла пурăнаççĕ. Вĕсем пĕрпĕрине тачă çыхăну тытаççĕ, кашнин культурипе, йăлисемпе интересленеççĕ, кашнин литературин паха произведенийĕсене юратса вулаççĕ, йывăр вăхăт килсен пĕр-пĕрне юлашки юн тумламĕ тухаччен пулăшма хатĕр тăраççĕ.

Украинăпа чăваш халăхĕ хушшинчи туслăх Октябрь кунĕсенчех пуçланнă. Украина çĕршывне йывăр килнĕ вăхăтра, ăна ют çĕршыв тăшманĕсем асав шăлĕсене хăйраса хăйсен çăварне хыпса çăтма хăтланнă чух, пирĕн чăваш ывăлĕсем вырăссемпе тата ытти халăхсемпе пĕрле пĕр харăс алла пăшал тытса Украина ирĕкĕшĕн çапăçнă. Чăваш халăхĕн юрăçи Çеçпĕл Мишши Украинăн шалти тăшманĕсемпе кĕрешнĕ. Вăл Украина халăхне юратса унăн çепĕç чĕлхине, юррисене вĕреннĕ, ĕмĕр вилми кобзарĕн Тарас Григорьевич Шевченкăн сăввисене ăшă кăмăлпа вуланă, хăй те пысăк поэт пек çырма тăрăшнă. Çеçпĕлĕн сывлăхĕ хавшаса çитнĕ чух ăна унăн тусĕ украинец Федор Пакрышень тăван шăлнĕ пекех пăхнă.

Украина халăхĕ чăваш совет поэзийĕн никĕсне хывнă Çеçпĕл Мишши ятне ырă кăмăлпа асăнать, поэтăн Чернигов таврашĕнчи вилтăприне чыслăн упраса усрать, ун çинче чĕрĕ чечексем ÿстерет. Иртнĕ çул Украинăра Çеçпĕл Мишши вилнĕренпе 30 çул çитнине çав тери чыслăн асăнса иртерчĕç. Пур хаçатсемпе журналсенче те чăваш халăхĕн юрăçи çинчен ырă сăмахсем каласа çырчĕç. Украина совет писателĕсен «Радянський письменник» издательстви Çеçпĕлĕн «Хурçă шанчăк» кĕнекине украинла кăларчĕ. Ку кĕнекери сăвăсене куçарас ĕçе Украинăн паллă поэчĕсемпе писателĕсем хутшăнчĕç. Вĕсен хушшинче эпир Сталинла премия лауреачĕсен Павло Тычина, Максим Рыльский, Микола Бажан, Андрей Малышко, Олесь Гончар, Микола Нагнибеда тата ытти поэтсен ячĕсене куратпăр. Ку вара пирĕн халăхăн поэтне Украина мĕнле хака хуни çинчен хăех каласа парать.

Çеçпĕл кунĕсене иртерни, унăн кĕнекине кăларни икĕ халăхăн туслăхне, тăванлăхне тата ытларах çирĕплетрĕ.

Львовра тухса тăракан «Жовтень» («Октябрь») ятлă литература журналĕнче «Хурçă шанчăк» украинла тухнă май М. Равлюк критикăн пысăк статьи пичетленсе тухрĕ. Унта рецензент пирĕн поэта Маяковский, Джамбул, Стальский, Купала ячĕсемпе танлаштарса асăнать. Çавăн пекех «Вечерний Киев» хаçат та кĕнеке çинчен рецензи пичетлерĕ. «Украина» журналта Стихван Шавлы сăвви, «Радянська Чувашия», «Памяти чувашського поэта Михаила Сеспеля» ятлă статьясем тухрĕç. Халĕ тата «Шевченко в Чувашии» ятлă статья пичетленет. «Радянська жинка» журналта «Памяти М. Сеспеля», «Президент республики»— Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ З. А. Андреева юлташ çинчен, Александр Алган «Манăн туссем» ятлă сăвви пичетленсе тухрĕç. Кунсăр пуçне, Олекса Ющенко, Борислав Степанюк поэтсем Çеçпĕл Мишши çинчен çырнă сăввисене хăйсен юлашки кĕнекисене кĕртрĕç. «Радянська Украина», «Литературная газета» хаçатсем час-часах Чăваш республики çинчен, унăн ятлă çыннисем çинчен статьясем пичетлеççĕ.

Чăваш совет писателĕсем те Украинăри тусĕсене тăванла ĕçсемпе ответлеме тăрăшрĕç. Чăваш халăх поэчĕ П. Хусанкай Павло Тычина, Максим Рыльский, Борислав Степанюк сăввисене, А. Алга Юрий Збанацкипе Олекса Ющенко произведенийĕсене, А. Артемьев Олесь Гончар новеллисене чăвашла куçарса пичетлесе кăларчĕç. Çавăн пекех Украина писателĕсен Юрий Яновский, Ванда Василевская, Юрий Смолич тата ыттисен произведенийĕсене те чăвашла куçарнă. Хăй вăхăтĕнче Тарас Шевченкăн «Кобзарĕ», Михайло Коцюбинскин «Фата Моргана» кĕнекисем чăвашла тухрĕç. Чăваш совет писателĕсем П. Хусанкай, Я. Ухсай, Уйăп Мишши, А. Алга, С. Шавлы, А. Эсхель тата ыттисем те хăйсен произведенийĕсенче Украина çĕршывĕ, унăн ятлă çыннисем çинчен ырă сăмахсемпе çырчĕç. Халĕ Чăвашгосиздат Тарас Шевченко «Кобзарьне» çĕнĕ изданипе, Украина совет писателĕсен уйрăм кĕнекине кăларма хатĕрленет. Пархатарлă ĕçсем!

...Темиçе çул каялла Чăваш халăх поэчĕ Петр Хусанкай Аслă Отечественнăй вăрçă кунĕсене аса илсе пĕр сăввинче çапла çырнăччĕ:

«Мухтавлă Атăл хулинче,
Брянск патĕнчи сĕм вăрманта
Салтаксене Нарспи çинчен
Вула-вула эп савăнтартăм».

Çапăçу лăпланнă вăхăтсенче поэт Нарспи çинчен вуланине итлекенсем хушшинче Шевченко çĕрĕн ывăлĕсем те пулнă. Паян вĕсем—мирлĕ пурнăç строителĕсем — Каховка гидроэлектростанци строительствинче, Донбасс шахтисенче, Полтавăпа Чернигов уй-хирĕсенче, Харьковри трактор заводĕнче ĕçлеççĕ. Пушă вăхăт пулсан иртнĕ асран кайми кунсенче чăваш хĕрĕ Нарспи çинчен илтнине аса илеççĕ, ун çинчен тепĕр хут илтесшĕн ĕмĕтленеççĕ. Вĕсен ĕмĕчĕсем пурнăçа кĕчĕç. Паян вĕсен аллинче Константин Ивановăн «Нарспи» кĕнекийĕ украинла! Ăна çак кунсенче Киевра Украина государство издательстви вунă пин тиражпа, илемлĕ пичетлесе кăларчĕ. Ку вăл Украина халăхĕшĕн те, чăваш халăхĕшĕн те пысăк парне пулса тăчĕ.

«Нарспи» поэмăна Украинăн çамрăк поэчĕ-лирикĕ Ярослав Шпорта куçарнă. Пирĕн вулакансем унăн талантлă сăввисемпе «Огонек», «Дружба народов», «Новый мир» тата ытти журналсемпе сборниксенче паллашнă. Украинăра унăн темиçе кĕнеки те тухнă. Нумай пулмасть Мускавра «Асран кайми» ятлă кĕнеки вырăсла чĕлхепе тухрĕ. Я. Шпорта куçарас тĕлĕшпе те нумай ĕçлет. Вăл Турсун-Заден «Инди балладисене», Янка Купала, Якуб Колас, Назым Хикмет тата ытти поэтсен сăввисене куçарнă.

## К. В. Ивановăн „Нарспи" поэми украинла тухнă май

Ярослав Шпорта «Нарспи» поэмăна куçарас умĕн чăваш халăхĕ, унăн культурипе йăлисем çинчен тата Константин Иванов çинчен литература нумай вуланă, чăвашсемпе курса калаçнă. Çаксем поэта куçарас ĕçре пысăк пулăшу панă. Кĕнекене пичетре кăларас умĕн панă рецензисем Шпорта поэмăна юратса, оригинала çывăх, ăка та ăнланмалла куçарнине палăртнă. Кăна эпир кĕнекене пăхса тухнă чухне сисетпĕр.

Ивановăн этем çинчен каланă вăйлă сăмахĕсем акă мĕнле янраса илтĕнеççĕ украинла:

«Так, на свити жыш людыни
Розум, вдача, мицъ дана.
На землі, на мори сынии,—
Управляе скрызь вона».

Кунта эпир Ивановăн сăмахĕсене, шухăш-кăмăлĕсене уççăнах куратпăр.

Куçараканăн лайăх енĕсене палăртас тесе эпир тата пĕр-икĕ вырăн илсе пăхăпăр.

Акă Нарспи ĕçлеме юратни çинчен:

«А як шыть сида спочатку
Полотно стае жывым,

И сталэва собачатко
Вьется з хвостиком льняным.
Чы сида полотна ткаты—
Всэ йий вдома по плачу,
Вмие нытку затягаты
У знайому хулдырчу».

Е тата Сетнер çинчен:

«И могутни, чэсни рукы,
Щоб трудывся, вик робыв,
А щоб ворога здолать—
Е у сэрци в нього гнив.
.....
А Нарспи його кохае,
И бэз мылого сумна...»

Ярослав Шпорта сăмах хыççăн сăмах куçарнипе мар оригинала çывăх куçару турĕ. Вăл Иванов каланă тата калама шутланă сăмахĕсене тĕрĕс ăнланса, вĕсемпе усă курма пĕлнĕ.

«Нарспи» украинла тухни пысăк савăнăç. Чăвашсен поэчĕн вилĕмсĕр произведенине халĕ вырăсла, тутарла, удмуртла, марилле, мордвалла вулакансем çумне украинецсем те хутшăнчĕç. Эпир çак халăхсем çумне Совет Союзĕнчи ытти тăван халăхсем те хутшăнасса шанатпăр. Нимĕнле пархатарлă ĕçсем те хăй тĕллĕн пулмаççĕ, вĕсене тăвас пулать. Тăван литературăшăн, унăн хисеплĕ вырăнĕшĕн чĕререн çунса ĕçлемелле. Ун пек çынсем пирĕн пур. Вутне чĕртнĕ, кăвайтне çеç хурса тăма манма кирлĕ мар.

Халĕ Украинăра чăваш совет писателĕсен кĕнекисене кăларма хатĕрленеççĕ. Ку вăл туслăхпа тăванлăх çирĕпленсе пынине пĕлтерет.

Пирĕн шутпа, чăваш совет писателĕсем Украина писателĕсен творчествипе халăха паллаштарас тесе сахал ĕçсем туса иртернĕ-ха. Юлашки çулсенче, «Хурçă шанчăкпа» «Нарспи» кĕнекесем украинла тухнă вăхăтра, уйрăм кĕнекепе Украинăри пĕр писателĕн произведенийĕ те чăвашла тухаймарĕ. Ку пысăк çитменлĕх пулчĕ вара. Чăваш халăхĕ тăван чĕлхепе Украина писателĕсен кĕнекисене те вуласшăн. Вăхăт ĕнтĕ вĕсем пулмашкăн.

Пето ЧИЧКАНОВ.

Киев хули.

*) Хăшпĕр украинла саспаллисене (типографире вĕсем çук пирки) вырăсла саспаллисемпе çырнă.

# Ачасен организмне çирĕплетесси çинчен

*Врач канашĕсем*

Ачасен организмĕ çитĕннисен организмĕнчен ачашрах, çавăнпа та вĕсем кирек мĕнле чирпе те çитĕннисенчен ытларах чирлеççĕ.

Чир ачана тĕрлĕ майпа лекме пултарать. Чирсем нумайăшĕ ача организмне мĕнле те пулсан чир ертекен микробсем лексен пуçланса каяççĕ. Ача организмне микроб лексен те пур ача та чирлемест, чирлесен те чирĕ пурин те пĕр пек пулса иртмест: хăшпĕрисем çăмăл кăна чирлесе иртереççĕ, теприсен чирĕ питĕ йывăр пулса иртет. Ача организмĕ тĕреклĕ пулсан, унта микробсем лексен те, вĕсене ĕрчеме памасть. Ача вăйсăр пулсан, е вăхăтлăха унăн органĕсем начартарах ĕçлекен пулсан, ăна микробсем чирлеттерме пултараççĕ.

Ача организмĕ начар апат çитерсе ÿстерсен, тĕрĕс пăхса тăмасан имшер, тĕреκсĕр пулать. Ачан органĕсем шăнсан, вĕсем начартарах ĕçлеççĕ, çавăнпа та ача чирлеме пултарать. Шăннă хыççăн пуринчен ытла пĕчĕк ачасем час-часах чирлеççĕ. Шăннă хыççăн уйрăмах сунас, ÿслĕк, ÿпке чирĕ—пневмони ытларах пулаççĕ. Ачасем çитĕнсе çитнĕ çынсенчен ытларах шăнаççĕ. Çакă вăл ача организмĕ хăй ăшĕнчи ăшша лайăх тытса тăма вĕренменнинчен килет.

Çын организмĕ кирек мĕнле çанталăкра та, нерв системи йĕркелесе тăнине пула, хăй ăшшине пĕр пек тытса тăрать. Сивĕре те çын организмĕн ăшши чакмасть, вĕри сĕрте—ÿсмест. Сивĕ вăхăтра ÿтри юн тымарĕсем часах пĕрĕнсе каяççĕ, вара ÿте юн сахалтарах пырать, организм хăйĕн ăшшине нумай сухатмасть. Ытла вĕри сĕрте ÿтри юн тымарĕсем сарăларах каяççĕ, ÿте юн ытларах пырать, ÿт хĕрелсе тарласа каять, организм нумайрах ăшă кăларать, хăй вĕриленмест.

Пĕчĕк ачасен нерв системи сивĕпе ăшша çапла йĕркелесе тăма часах хăнăхаймасть. Çавăнпа та ачасем, уйрăмах чĕчĕ ачисем, ăшă сĕрте тата ăшă чĕркесен пăртак вĕриленме пултараççĕ, сивĕ сĕрте часах шăнаççĕ. Вĕсен нерв системине пĕчĕклех организм ăшшине йĕркелесе тăма хăнăхтармасан, ачасем кăшт сивĕ лексенех, сивĕ урайне е сĕре çара уран пуçтарсанах чирлеме пултараççĕ.

Ачасем ан чирлеччĕр тесен вĕсене сивве хăнăхтармалла, ачасен организмне çирĕплетмелле. Ача организмне тĕреклетме, апат йĕркеллĕ çитерсе тăнисĕр пуçне, уçă сывлăш тата хĕвел çутти питĕ кирлĕ. Çавăнпа та ачасен çулла уçă сывлăшра, хĕвел çуттинче ытларах пулмалла тата вĕсене тăтăшах шыва кĕртни те питĕ усăллă. Сивĕ çанталăкра та ачана куллен пĕчĕккĕн-пĕчĕккĕн сивве хăнăхтарса, уçă сывлăшра пĕр-икĕ сехете яхăн çÿретмелле.

Çулла ачасене тулта çывратас пулать. Çавăн пекех тин çуралнă ачасене те пĕр-икĕ эрнерен тула илсе тухса çÿреме пуçламалла. Малтанхи кун 10—15 минутлăха илсе тухмалла, унтан çав вăхăта пăртак ÿстерсе пырас пулать. Тула илсе тухнă чухне ачана ытлашши ăшă чĕркени кирлĕ мар.

Уçă сывлăшра çÿреме хăнăхтарнисĕр пуçне ачасене сывлăш ваннисем туса сивве вĕрентмелле. Сывлăш ванни тесе ачана çаппа-çарамаслантарса сулхăна вырттарнине калаççĕ. Чĕчĕ ачи валли те, пĕр икĕ уйăх тултарсан, сывлăш ванни тума пуçламалла. Сывлăш ваннине хĕлле тата сивĕрех çанталăкра пÿртре тăваççĕ: ачана пĕтĕмпех хывăнтарса, ăшă пÿртре малтанхи кун 10 минут, унтан ÿстерсе пырса 30 минута яхăн вырттараççĕ. Чупса çÿрекен ачасене сывлăш ванни тунă чухне вырттармасан та юрать. Вĕсене пĕр трусик вĕççĕн кăна сулхăн сĕрте çÿретес пулать.

Кунсăр пуçне ача валли хĕвел ванни тусан аван. Хĕвел ванни тесе ачана хĕвел çинче çаппа-çарамаслантарса вырттарнине калаççĕ. Хĕвел ванни ачашăн питĕ усăллă. Анчах ку ваннăна питĕ асăрхануса тăвас пулать. Хĕвел ванни пур ачана та юрамасть. Çавăнпа та ача валли хĕвел ванни тума пуçличчен врачпа калаçас пулать. Вăл хушсан кăна çав ваннăна тума пулать. Хĕвел ачана тĕреклетнисĕр пуçне, рахит текен чирпе чирлесрен сыхлать, рахитпа чирлисене сывалма пулăшать. Мĕншĕн тесен рахит ача организмĕнче витамин Д çителĕксĕррипчен пулать. Ача ÿчĕ çине хĕвел çутти ÿксен, хĕвел çуттинчи ультрафиолетовăй пайăркасем лĕкнипе ача ÿт-тирĕнче витамин Д пулать. Çавăнпа та ача валли хĕвел ванни тунă вăхăтра витамин Д е пулă çăвĕ памасан та, рахитран сыватма пулать. Хĕвел ваннине ирхине 10—11 сехет хушшинче тусан усăллăрах.

Ачана хĕвеле ерипен хăнăхтарас пулать. Пирвайхи кун хĕвел çинче 2—3 минут кăна вырттармалла. Ун хыççăн кунсерен пĕр-икшер минут хушса пырса 20 минута çитермелле. Çапла вара ачана кулленех 20-шер минут вырттармалла. Пĕрре хĕвел ванни тума пуçласан, кун сиктермесĕрех туса пырас пулать. Хĕвелре выртнă чухне ача пуçне шурă тутăрпа çыхмалла. Хĕвел çинче яланах пĕр майлă çеç вырттармалла мар. Хĕвелре выртнă хыççăн ача нăйкăшать е ывăнать пулсан, ванна тума пăрахас пулать. Хĕвел ванни тунă хыççăн, ача тăрăх лĕп шыв ямалла, ÿн хыççăн шăлса типĕтмелле, кĕпе-йĕм тăхăнтарса сулхăн сĕрте вырттармалла.

Ача организмне тĕреклентерес тĕлĕшпе çуллахи вăхăтра ачана шыва кĕртни питĕ усăллă.

Пысăкрах ачасене, тăватă çултан иртнисене, çырмара шыва кĕртме юрать. Ачана пирвайхи кун шывра 2—3 минутран ытла тăратма юрамасть. Шыва кĕме хăнăхсан, ачана 15—20 минут тăраччен шывра тăратма юрать. Шывран тухсан ача ÿт-тирне лайăх шăлса типĕтсе, кĕпе-йĕм тăхăнтарас пулать. Ачана выçăвăрла тата апат çинĕ хыççăнах шыва кĕртме юрамасть.

Пĕчĕк ачасене çырмара шыва кĕртмелле мар. Ача валли сывлăш ванни тунă хыççăн, ăна ăшă шывпа чÿхемелле. Чĕчĕ ачисене çулла та, хĕл кунĕнче те кунсеренех шыва кĕртес пулать.

Ачасене сивве хăнăхтарма çуллахи кунсенче çарауран çÿретмелле, каçпа çывăрма выртас умĕн урисене сивĕрех шывпа çуса шăлса типĕтсе вырттармалла.

Ачасене сывă ÿстерес, чир-чĕртен сыхлас тесен, ача ашшĕпе, амăшĕсен вĕсен организмне çу кунĕсенче пур майсемпе те çирĕплетме тăрăшмалла.

Врач А. ФАДДЕЕВА.

рес, хăйсен обществăлла хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ.

Ялхуçалăх производстви тăтăшах ÿссе пынă май, колхоз хресченĕсен пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса пырать. Колхозсем совет хресченĕсене выçлăхпа çуклăхран хăтарчĕç, пуян та культурăллă пурнăç çулĕ çине илсе тухрĕç. Колхоз производствине хăпартса пыни, обществăлла хуçалăха ÿстерсе тата тĕреклетсе пыни колхозсене укçан илекен тупăша татăклăн ÿстерме май пачĕç. 1940 çулхипе танлаштарсан, 1951 çулта колхозсем укçан 86,7 процент ытларах тупăш илнĕ. Ĕçлекен пĕр çын çине куçарса шутласан, хресченсен реальнăй тупăшĕ 1951 çулта 1940 çулхинчен 60 процента яхăн ытларах пулнă. Ялхуçалăх производстви хăвăтлăн аталаннинче тата хресченсен пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса пынинче социализмăн экономикăлла тĕп законĕн вăйĕ уçăмлăн палăрса тăрать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халĕ пирĕн çĕршывri мĕнпур колхозсене малалла чечеклентерсе аталантарма питĕ кирлĕ ĕçсем туса иртерeççĕ. Сăмахран, çавăн пек ĕçсем Центральнăй районсенчи тăрăхра уйрăмах анлăн сарăлса пыраççĕ, мĕншĕн тесен кунта ялхуçалăх производствине малалла ÿстерме уйрăмах пысăк майсем пур. Партипе правительство туса иртерекен чи кирлĕ ĕçсем çаксем пулаççĕ: ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне, обществăлла выльăх-чĕрлĕх шутне нумайлатса пынă вăхăтрах унăн тухăçлăхне ÿстермелле, ялхуçалăх производствине нумай енлĕ аталантарса пымалла. Çак мероприятисене ăнăçлăн пурнăçа кĕртни колхозсен обществăлла хуçалăхне малалла ÿстерме, вĕсен обществăлла харпăрлăхне нумайлатма май парĕ.

Обществăлла хуçалăха сарса тата тĕреклетсе пырассишĕн куллен-кун тăрăшнипе пĕрлех, партипе правительство колхоз пурлăхне тустаракансене хирĕç татăклăн кĕрешеççĕ, мĕншĕн тесен обществăлла пуянлăха тустарса пĕтерни колхозсене пысăк сиен кÿрет, вĕсене организацие хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетсе пыма чăрмантарать.

Колхоз производстви ăнăçлăн аталанса пырасси артелĕн кашни членĕ ырми-канми тăрăшса ĕçленинчен, ялхуçалăх техникипе пĕлсе усă курнинчен, агрономи науки вĕрентнĕ пек ĕçленинчен, пĕтĕм резервсене ĕçе кĕртнинчен килет. Колхоз производствине малалла аталантарас тĕлĕшпе артельсенче ĕçе тĕрĕс организациленни, производство бригадисене çирĕплетни тата колхозниксен ĕç тухăçлăхне ÿстерни пысăк вырăн йышăнать. Ертсе пыракан хăшпĕр работниксем уйрăмах звеносем туса производство бригадисене пĕтерес çул çине тăнăччĕ. Çак йăнăшсене парти вăхăтра тупса пĕтерчĕ. Вăл йăнăшсене пĕтерес тĕлĕшпе туса иртернĕ ĕçсем производство бригадисене чылай çирĕплетме, колхоз производствинче вĕсен пĕлтерĕшне ÿстерме май пачĕç. Колхозниксен ĕç дисциплинине малалла çирĕплетсе пырас, вĕсен ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе тупăшсене прогрессивла меслетпе валеçессине пурнăçа кĕртни пысăк вырăн йышăнать. Кун пек чухне колхозника ĕçшĕн бригада е звено туса илнĕ продукцин хисепĕпе пахалăхне шута илсе тÿлеççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пирĕн çĕршывра ялхуçалăх производствине татах та хăвăтлăрах ÿстерсе пыма çĕнĕ программа палăртса пачĕ. Съезд пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: «Ялхуçалăхĕн мĕнпур культурисен тухăçлăхне ÿстересси, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстересси; ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна ĕçе кĕртнĕ никĕс çинче колхозсен обществăлла хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ĕçне лайăхлатса, çĕрĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцине тата таварлă продукцине ÿстересси ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса юлать», тенĕ. Пилĕк çуллăх планпа тĕштырă тăвассине 40—50 процент, çĕр мамăк-сырец тăвассине 55—65 процент, йĕтĕн сÿсĕ тăвассине 40—50 процент, сахăр кăшманĕ тăвассине 65—70 процент ÿстерме пăхнă т. ыт. те.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра выльăх-чĕрлĕх продукцине çакăн чухлĕ ÿстерме палăртнă: аш-какай тата сало 80—90 процент, сĕт 45—50 процент, çăм 2—2,5 хута яхăн, вăл шутран çинçе çăм 4—4,5 хут, çăмарта (колхозсемпе совхозсенче) 6—7 хут. Майракаллă шултра выльăхсен шутне мĕнпур ялхуçалăхĕнче 18—20 процент ÿстермелле.

Колхоз производстви малалла ÿссе пыни совет хресченĕсен ырлăхне пĕрмай хăпартса пымалли çирĕп никĕс пулса тăрать. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх çулĕсенче колхозниксен тупăшĕ (укçа çине куçарса шутласан) 40 процентран кая мар ÿсет.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче ялхуçалăхĕ тĕлĕшпе кăтартса панă тĕп задачăна пурнăçласси обществăлла хуçалăха пур енĕпе те аталантарса пырассине тата колхоз производствин тĕп форми пулса тăракан ялхуçалăх артельне пĕрмаях çирĕплетсе пырассипе тачă çыхăнса тăрать. Çавăнпа та ĕнтĕ колхозсен тĕп вăйĕ пулса тăракан обществăлла хуçалăха çирĕплетсе аталантарассишĕн яланах тăрăшасси Совет государствин партин чи кирлĕ задачисенчен пĕри пулать.

Колхозла-ушкăнла харпăрлăх тата ун çинче никĕсленсе тăракан ялхуçалăх артелĕ хальхи вăхăтра колхоз производствине малалла ăнăçлăн ÿстерсе пыма май параççĕ. Вĕсен социализмла ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсене аталантарма халĕ питĕ пысăк майсем пур.

С. СДОБНОВ.
Экономика наукисен кандидачĕ.



Китай Халăх Республикинче вак халăхсене культура тĕлĕшĕнчен малалла кайма лайăх условисем туса панă. Вĕсене валли шкулсем уçнă, тăван чĕлхепе учебниксем пичетлесе кăларнă. Çене çынсене хутла вĕрентес тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ.

ЎКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шалти Монголи автономиллĕ районĕнче пурăнакансен ушкăнĕ хутла вĕренмелли урокра.

СИНЬХУА АГЕНТСТВИН фотоўкерчĕкĕ.

## Китайри чугун çул работникĕсен çитĕнĕвĕ

ПЕКИН, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем Китайри чугун çул работникĕсем ĕçре çĕнĕ çитĕнўсем туни çинчен çырса пĕлтереççĕ.

«Женьминьжибао» хаçат çапла çырать: Таншань хулинчи пăравуссемпе вагонсем юсакан завод çул сарлакăшне висмелли автоматла вагон туса кăларнă. Халиччен Китайра çакăн пек вагон туса кăларни пулман. Завод куй пек вагонсем туса кăларма чылай заказсем илнĕ.

«Женьминьжибао» хаçат çавăн пекех тата Нанкин хулинчи Сягуань тата Пукоу станцийĕсенчи чугун çул работникĕсем ăнăçлă ĕçлени çинчен çырса пĕлтерет. Çак станцăсенче ĕçлекен чугун çул работникĕсем çĕршыври стройкăсене йывăç, чугун, цемент, кăмрăк, тимĕр, хурçă ăсатса тăраççĕ.

Çĕнĕ меслетсемпе усă курнипе вагонсем усăсăр тăрассине чылай чакарнă.

## Чехословакире Совет Çарĕ ячĕпе монумент уçнă

ПРАГА, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерпĕ: ĕнер шахтерсем пурăнакан Кржише поселокĕнче (Рокицански район) Совет Çарĕ ячĕпе монумент уçнă. Митингра наци оборонин министр заместителĕ генерал Ченек Грушка тата Совет Союзĕн Прагăри çар атташин заместителĕ майор А. И. Кузнецов пулнă.

Митинг Чехословакипе Совет Союзĕ хушшинчи çирĕп туслăха кăтартнă.

## Карачире „Паянхи Сталинград“ ятлă выставка уçăлнă

КАРАЧИ, июнĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Пакистан столицинче—Карачире «Паянхи Сталинград» ятлă выставка уçнă. Выставкăна Пакистанпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх ассоциацийĕ организациленĕ, унта герой-хулана вăрçă хыççăнхи тапхăрта çĕнĕрен чĕртсе тăратнине кăтартакан 200 яхăн фотоўкерчĕк вырнаçтарнă.

Пакистанăн информаципе радиовещани министрĕ Киреши, выставкăна уçса, çапла каланă: Пакистан хăйĕн аслă кўршипе—ытти çĕршывсемпе мирлĕ пурăнма тăрăшакан Совет Союзĕпе туслă тата ырă çыхăнусем туса хурасшăн, тенĕ. Киреши, совет халăхĕ иккĕмĕш тĕнче вăрçи çулĕсенче питĕ паллă çитĕнўсем тунине палăртса, Сталинградшăн пынă çапăçу иккĕмĕш тĕнче вăрçинче чи пысăк событи тата вăрçăра улшăну тумалли пункт пулчĕ, тенĕ.

Катрак-холя залĕнче халăх туллиех пулнă, унта выставкăна уçнă çĕрте пулма пынă çынсем чылайăшĕ кĕме те пултарайман.

## „Шуман планĕ“ Францири çĕр кăмрăк промышленноçне сиен кўрет

ПАРИЖ, июнĕн 29-мĕшĕ.(ТАСС). «Шуман планĕ» Францири çĕр кăмрăк промышленноçне сиен кўни ытларах та ытларах палăрса пырать. «Юманите» хаçат Францире татах тепĕр шахтăна хупни çинчен пĕлтерет. Канталь департаментĕнчи шахтăна, çĕр кăмрăк кăларни «тупăш паман» сăлтавпа, хупнă. Рабочисене нимĕн пĕлтермесĕрех ĕçрен кăларса янă.

### ПРАГĂРА ТĔНЧЕРИ СТАЛИНЛА ПРЕМИ ЛАУРЕАЧĔСЕН ЯЧĔПЕ САВĂНĂÇЛА КАÇ ИРТТЕРНЕ

ПРАГА, июнĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Прагăра миршĕн тăракансен Чехословаки комитечĕ тĕнчери Сталинла преми лауреачĕсен И. Эренбург, Джеймс Эндикотт, Икуо Ояма ячĕпе савăнăçлă каç организациленĕ. Каçра Наци пухăвĕн председателĕ О. Йон, министрсем, Наци фронтне кĕрекен мĕнпур организацисен представителĕсем пулнă.

### КИТАЙРИ ĔÇÇЫННИСЕМ КИТАЙРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔ 32 ÇУЛ ТУЛТАРНИНЕ ПРОИЗВОДСТВĂРИ ÇĔНĔ ÇИТĔНЎСЕМПЕ КĔТСЕ ИЛМЕ ХАТĔРЛЕНЕÇÇĔ

ПЕКИН, июнĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Июлĕн 1-мĕшĕнче Китайри Коммунистсен партине туса хунăранпа 32 çул çитет. Çак куна паллă тума хатĕрленсе, Шанхайри рабочисем пысăк çĕкленўпе производствăра вахтăна тăнă. Рабочисем производство планĕсене срокчен тултарма тата продукци пахалăхне лайăхлатма обязательствăсем йышăнаççĕ.

«Лаодунбао» хаçат çапла пĕлтерет: машинăсем тăвакан «Цюйцзян» заводра ĕçлекен рабочисем, май уйăхĕнчи производство заданине ăнăçлă тултарнă хыççăн, Китайри Коммунистсен партийĕ 32 çул тултарнине июнь планне срокчен ирттерсе тултарнипе кĕтсе илме йышăннă. Заводри пур цехсенче те ăмăрту çĕнĕ хăватпа сарăлать. Июнь планне срокчен тултарма пулса Шанхайри пăрахутсем тăвакан верфьре, Шанхайри электромоторсем тăвакан заводра, автомашинăсем юсакан мастерскойсенче тата хулари ытти предприятисенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем те обязательствăсем йышăннă.

## Америкăри рабочи партин митингĕ

НЬЮ-ЙОРК, июнĕн 29-мĕшĕ, (ТАСС). Нью-Йорк хули мэрне тата хула тытăмне суйламалли кампани пуçланнă май, Америкăри рабочи парти Нью-Йоркра митинг ирттернĕ. Митингра 4 пин çын пулнă. Америкăри рабочисен партийĕн председателĕ, представительсен палатин членĕ пулнă Вито Маркантонио митингра çапла каланă: Ли Сын Ман перемири çинчен калаçусем ирттерессине малашне те чăрмантарса тăрать пулсан, Пĕрлешўллĕ Штатсен хăйсен çарĕсене Корейăран халех каялла илсе килмелле.

Митинг умĕн пулнă пресс-конференцире Маркантонио çапла каланă: Америкăри рабочисен партийĕ Нью-Йоркри тытăм органĕсен мĕнпур паллă вырăнĕсене суйлама хăйĕн кандидачĕсене тăратать.

## Бельги конституцине улăштарма хатĕрленеççĕ

БРЮССЕЛЬ, июнĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Бельги правительстви парламента конституцие улăштарасси çинчен закон проекчĕ тăратнă. Правительство чи малтан конституцири Бельги парламентне «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен тунă договора йышăнма тата Бельгин хĕçпăшаллă вăйĕсене «Европа çарне» кĕртме кансĕрлесе тăракан статьясене улăштарма тăрăшать. Çак проект тăрăх конституцири вунă статьяна улăштарма палăртнă. Ку статьясенче Бельгин нацилле никама пăхăнманлăхĕпе суверенитечĕ çинчен калакан тĕп принципсене çырса хунă. «Драпо руж» хаçат çак ыйту тăрăх «Ирĕн никама пăхăнманлăха пытарма хатĕрленекенсене хирĕç» ятлă умстатья пичетлесе кăларнă. Статья авторĕ Пьер Жуа çапла калать: çак реакцилле проект Бельги халăхĕн ирĕкĕпе нихăшенчен те çыхăнса тăмасть, вăл унăн тĕп интересĕсене хирĕç пырать.

Çак закон проектне йышăнни, — тесе çырать хаçат,—Бельги интересĕсене питĕ хыттăн пырса çапать, вăл унăн государствăлла никама пăхăнманлăхне пĕтерсе хурать.

## Берлинри фашистла провокаци пирки

### «НИМĔÇ ÇАМРĂКĔСЕН СОЮЗĔН» ЧЛЕНĔ ХОРСТ ГЕРТЕЛЬ КАЛАСА ПАНИ

БЕРЛИН, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаçат «Нимĕç çамрăкĕсен союзĕнче» тăракан Хорст Гертеле допрос туни çинчен çырнă протокола пичетлесе кăларнă. Вăл июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра пулса иртнĕ фашистла провокацие хутшăннă.

Гертель тата фашистла ушкăнăн ытти ултă членĕ июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинăн хĕвелтухăç секторĕнче магазинсене çĕмĕрнĕ, лозунгсене çурса пăрахнă, правительствăна хирĕçле лозунгсем кăшкăрнă тата çăмăл машина шоферне хĕненĕ. Гертель кăтартса панă тăрăх, вăл июнĕн 17-мĕшĕнчи провокацие хутшăнма «Нимĕç çамрăкĕсен союзĕн» пуçлăхĕнчен задани илнĕ. Организаци пуçлăхĕ нимĕçле калаçать пулсан та, Гертель ăна американец тесе шутлать. Фашистла ушкăн юлашки хут июнĕн 13-мĕшĕнче пухăннă. Çак ушкăн членĕсене çитес çывăх вăхăтрах Берлинăн хĕвелтухăç пайĕнче йĕркесĕрлĕхсем пуçланасси çинчен пĕлтернĕ. Вĕсене провокацие пур майсемпе те хĕтĕртме задани панă.

## Польшăри ĕççыннисем фашистла провокаци организаторĕсене сивлеççĕ

ВАРШАВА, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăра пур çĕрте те Берлинра фашистла провокаци организациленине хирĕç протестлесе пухусем пулса иртнĕ. Польша столицинчи ĕççыннисем, шахтерсемпе металлургсем, судостроительсем, чугун çул работникĕсем Берлинри провокаци организаторĕсене хыттăн сивленĕ, Демократиллĕ Германи Республикинчи рабочи класпа хăйсем пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтернĕ.

«Сталингруд» шахтинче ĕçлекен рабочисен коллективĕ митингра пĕр шухăшлă пулса йышăннă резолюцире çапла каланă:

Мирпе прогресс тăшманĕсем вăрçă вучахĕ туса хума çĕнĕ çулсем шырани пире пĕтех те тарăхтарать. Демократиллĕ Германи Республикинчи юлташсем, эсир хăвăр тăван çĕршывăн лайăх та телейлĕ малашлăхĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчери халăхсем хушшинчи мире тĕреклетессишĕн кĕрешнипе эпир пĕр шухăшлă.

«Семяновице» шахтинче пулса иртнĕ митингра шахтер Веноcлек çапла каланă:

Эпир Демократиллĕ Германи Республикинчи рабочисен пысăк пайĕ провокаторсене тивĕçлĕ отпор панăшăн савăнатпăр. Ют çĕршывсене тара кĕрешнĕ ирсĕрсем çакна пĕлсе тăччăр: мир çине тапăннине тĕнчери ĕççыннисем сирсе яма пултараççĕ.

«Бобрек», «Сосница», «Забже», «Всхуд» тата ытти нумай шахтăсенче те пысăк митингсем пулса иртнĕ.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРИ ĔÇÇЫННИСЕМ КОММУНИСТСЕН ПАРТИНЕ КĔРЕÇÇĔ

БЕРЛИН, июнĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Дюссельдорфран çапла пĕлтерет:

Фашистсем Берлинра ирсĕр провокаци тунă май, Рур облаçĕнчи нумай рабочисем коммунистсен партине кĕме заявлени параççĕ. Дортмунд хулинчи «Вестфален хютте» заводĕнче ĕçлекен 26 рабочи коммунистсен партине кĕме заявлени панă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ июнĕн 29-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕсем Йончхоньпе Хагамненран хĕвеланăç енче тата Кахорирен кăнтăр енче тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Ĕнер Ким Чак хули çывăхĕнчи хĕвелтухăç çыранĕнче тăшманăн пĕр эсминецне сиенленĕ.

Халăх çарĕн занитнăй чаçĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ўкернĕ, 4 самолетне сиенленĕ.

## Америка халăхĕ Корейăра перемири тăвассишĕн кĕрешет

НЬЮ-ЙОРК, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: конгресс членĕсемпе тĕл пулса Корейăра хăвăртрах перемири тăвасси çинчен калама Вашингтона 13 штатран миршĕн тăракансен делегачĕсем пырса çитнĕ. Вĕсем президент Эйзенхауэр патне çыру янă. Делегатсем Корейăра перемири тăвассине хăвăртлатма тата аслă державăсен пуçлăхĕсем тĕл пулассине организацилеме ыйтаççĕ. Çырура çавăн пекех тата Ли Сын Ман кирревсĕр ĕçсем тунăшăн Пĕрлешўллĕ Штатсен ответлă пулмалли çинчен тата перемири условийĕсене пурнăçлама гаранти парасси çинчен каланă.

## Итали правительстви отставкăна тухнă

РИМ, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхине де Гаспери, республика президенчĕ Эйнауди патĕнче пулса, хăй ертсе пыракан правительство отставкăна тухни çинчен заявлени панă. Эйнауди отставкăна йышăннă. Анчах та де Гасперипе министрсене çĕнĕ правительство туса хуриччен кулленхи ĕçсене туса пыма хăйсен вырăнĕнчех юлма каланă.

Паян каçхине Эйнауди министрсен совечĕн председательне уйăрса лартас тĕлĕшпе консультаци ирттерме тытăнать.

## Финлянди правительстви отставкăна тухнă

ХЕЛЬСИНКИ, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Хельсинкири радио пĕлтернĕ тăрăх, премьер-министр Кекконен паян республика президенчĕ Паасикиви патĕнче пулнă, ăна правительство отставкăна тухни çинчен заявлени панă.

Республика президенчĕ правительствăна халлĕхе хăйĕн вырăнĕнчех юлма ыйтнă.

## *Совет спортсменĕсем Стокгольма пырса çитнĕ*

СТОКГОЛЬМ, июнĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Стокгольма Совет Союзĕнчи çăмăл атлетсем пырса çитнĕ. Совет Союзĕн командине иртнĕ çул Хельсинки хулинче пулса иртнĕ ăмăртăва хутшăннă паллă спортсменсем кĕреççĕ. Совет спортсменĕсем июлĕн 2-мĕшĕнче Стокгольмра Король стадионĕнче Швеци спортсменĕсемпе тĕл пулса вылĕççĕ.

Çак тĕлпулу Стокгольм хулине туса хунăранпа 700 çул тултарнă ятпа пулса иртет.

## Йĕпреç районĕнче

* Иртнĕ çулта районти перекет касси государство заемĕсем тăрăх ĕççыннисене 568 пин тенкĕ выляв укçи тўленĕ. Кăçалхи 5 уйăх хушшинче çак перекет кассинче ĕççыннисем 405 пин тенкĕ выляв укçи илнĕ. 25 тата 50 пин тенкĕ выляса илнисем те пур.

* Райпотребсоюз системинчи чылай магазинсемпе столовăйсем çур çулхи тавар çаврăнăш планне май уйăхĕнчех тултарчĕç. Ку тĕлĕшпе уйрăммăнах Чăваш Тимеш ялповĕ аван ĕçлет. Ялпо май уйăхĕнче таварсем сутмалли плана 122 процент тултарчĕ, çур çулхи тавар çаврăнăш планне те тултарса çитерчĕ.

* Районти «Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн» хаçат июнь уйăхĕнчен пуçласа вырăсла тата чăвашла тухса тăрать. Типографире ĕçлекенсен ĕçне çăмăллатас тесе, электродвижок илсе килсе ĕçе ячĕç.

* Калинин ячĕпе тăракан колхозри колхозниксемпе колхозницăсем çул-йĕр ĕçне активлăн хутшăнчĕç. Халĕ çак колхозран Йĕпреçри çул çинче кунсеренех 100 çын çуран, 18 çын лашапа ĕçлет. Çул-йĕр бригадине темиçе çул хушши А. Иванов ертсе пырать. Ку бригадăн планпа 750 кубометр çĕрĕçĕ тумалла пулсан, кĕске вăхăтрах 825 кубометр чухлĕ çĕр ĕçĕ тунă, хăйăр тата чул нумай турттарнă.

* МТС-ри механизаторсем вăйлă тырпулшăн кĕрешсе июнĕн 10-мĕшĕ тĕлне пур комбайнсене те юсаса пĕтерчĕç. Пурĕ тăватă узел тунă. Уйрăмах моторсем юсакан И. Шмагин комбайнер ертсе пыракан узел аван ĕçлерĕ. Механизаторсем тырпул тата утă пухса кĕртмелли пур машинăсене те срокчен юсаса пĕтерчĕç. Çак кунсенче комбайнсемпе утă пухмалли машинăсене колхозсене илсе кайнă.

Г. РУСАНОВ.

## Хаçат-журнал илме çыраннаççĕ

ИШЛЕЙ. Жданов ячĕпе тăракан колхозра иккĕмĕш çур çулшăн хаçат-журнал çырăнасси йĕркеллĕ иртрĕ. Мускаври тата республикăра тухса тăракан хаçат-журналсене пур çамрăксем те тенĕ пек çырăнса илчĕç. Комсомолецсем хушшинче кăна «Советская Чувашия» хаçат 23 экземпляр, «Коммунизм ялавĕ» хаçат 28 экземпляр сарăлнă. 30 çамрăк «Çамрăк коммунист» хаçат çырăнса илнĕ.

Халĕ пирĕн колхозра кашни киле хаçат-журнал килсе тăрать.

И. ХМЕЛЕВ,

Жданов ячĕпе тăракан колхозри письмоносец.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Çамрăк кадрсене ўстерсе воспитани памалла («Правда» хаçатăн июнĕн 30-мĕшĕнчи умстатьи.

Тăван çĕршывра.

**Ю. Борисов.**—Совет государствине шанма пĕлмесĕр тĕреклетсе пымалла.

**Я. Федотов.**—Курăксене икĕ хут çулса илессишĕн.

**П. Платонов.**—Çуллахи вăхăтра йывăç ытларах касса хатĕрлер.

**И. Кудрявцев.** — Улатăрти депо коллективĕн çитĕнĕвĕсем.

**А. Эсхель.** — Украинăри тата Чăваш республикинчи писательсен творчествăлла туслăхĕ.

Выранти тата урăх çĕршывсенчен килнĕ информаци.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.



### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—Кизел хулинчи драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 1-мĕшĕнче **«Шакалы»** (4 пайлă драмăллă сатира). Июлĕн 2-мĕшĕнче **«Поэма о любви»** (3 пайлă трагеди).

Спектакльсем 20 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 1-мĕшĕпе 2-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Прелюдия славы»**, ытти сеанссенче — **«У самого синего моря»** (çĕнĕ копи). Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

*Халăх демократи çĕршывĕсенче*

# СТАЛИН ХУЛИ

Буцеджскпа Фагараш сăрчĕсем питĕ ўсĕлелле кармашса лараççĕ. Кунтан çурçĕр еннелле, Румынири промышленность центрне—Сталин хулипе Сталин облаçне çул уçăлать. Олт тата Тырнава ятлă юханшывсем Карпатри тўрем вырăнсенче юхса выртаççĕ, вĕсене нумай юханшывсем, пĕчĕккисем те, пысăккисем те, юхса кĕреççĕ.

Кунта, çĕршывăн çак районĕнче, промышленноçлă пысăк центрсем нумай — Сталин, Сибиу, Медиаш, Предял, Синая, Фагараш, Сигишоара, Тырнавень, Кодля... Вĕсенчен кашниннех хăйĕн историйĕпе уйрăмлăхĕсем пур.

Индустрилле çак центрсене Румынин ытти районĕсемпе çыхăнтаракан хурçă магистральсем тăрăх çĕрĕн-кунĕн поездсем çўреççĕ. Вĕсем тĕрлĕ грузсем—тракторсем, станоксем, электрооборудовани, химикатсем, пусма-таварсем—Сталин хулипе Сталин облаçĕнче туса кăларакан продукцие турттараççĕ.

Сталин хули. Аслă çумпуç çитмĕл çул тултарнă кун çакăн пек ят панă Румыни халăхĕ авалхи Брашов хулине. Ун чухне хулапа облаçри ĕççыннисем хăйсен нумай пинлĕ митингĕнче хула пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен вилĕмсĕр çулпуçĕн ятне тивĕçлипе тытса пырĕ тесе тупа тунă.

...Эпир хулари историлле музейра пултăмăр, вăл ĕлĕкхи примари ĕçленĕ пысăк çуртра вырнаçнă. Кунта авалхи хĕçпăшалсем, документсем, çав шутра Мария-Тереза тата Сигизмунд алă пуснă хулăм реестрсем пур. Документсенчен пĕринче çапла çырнă: «Эпĕ, Мария-Тереза, Австро-Венгри императрици, Фулкун дворянина ĕмĕрлĕхех усă курма пилĕк пин крепостной хресченпе пĕрле имени паратăп». Çав документпа юнашарах çынсене асаплантармалли хатĕрсем те пур, вĕсемпе Австро-Венгри императрици Фулкун графа халалласа панă поместьере усă курнă. Вĕсенчен инçех те мар—сенĕксем, пуртăсем, нухайккасем. Вĕсем крепостной хресченсем румынсен легендарлă борецĕ Георге Дожа ертсе пынипе телейшĕн кĕрешни çинчен каласа параççĕ. Георге Дожа хăюллăхĕ çинчен халăх нумай юмахсемпе юрăсем йĕркеленĕ.

Вăхăт иртнипе саралнă нумай йышши документсем пыракансене капитализм аталанăвĕпе, рабочи юхăмĕн историйĕпе паллаштараççĕ. Хулари рабочи класăн хăйĕн революцилле чаплă традици пур. Кунта, Прундул площадĕнче, 1903 çулхи майăн 1-мĕшĕнче, хулара чи малтанхи хут рабочисен массăллă демонстрацийĕ пулнă, вĕсем хула урамĕсемпе ялавсем йăтса иртнĕ. Площадь демонстрацие хутшăннисен юнĕпе хĕрелнĕ пулнă, анчах ун чухне пролетарисем халăх кĕрешĕвĕн хĕрлĕ ялавне çўлте тытса пыма сăмах панă.

Тымпа сăрчĕн хĕрринче, аялта, тĕрме пулнă. Çав тĕрмен пĕр камерин стенисем çине пĕр паллă мар çын 1903 çулхи май уйăхĕнче чĕрсе хăварнă сăмахсем сыхланса юлнă. Вăл çапла çырнă: «Эпĕ апат илме пăрахнăранпа пилĕк талăк иртрĕ ĕнтĕ. Ку вăл мĕнпе вĕçленесси пĕлместĕп-ха, анчах та халăх ирĕке тухас кун çывăх»... Халăх телейĕ 1944 çулхи августăн 23-мĕшĕнче килнĕ. Ун чухне Совет Çарĕ гитлерла тискер кайăксене çапса салатса, Румынине фашистла пусмăрлăхран ирĕке кăларнă.

Румынири Рабочи партин Центральнăй Комитечĕпе Министрсен Совечĕ пилĕк çул каялла Сталин хулинче трактор завочĕ лартма, çапла майпа çĕршыври ялхуçалăхĕ валли техникăлла никĕс тума йышăннă.

Совет Союзĕ тăванла пулăшу панипе Румынири рабочисем завод туса лартнă. Ун пек завод буржуалла-помещикла Румынире пулман тата пулма та пултарайман. Çамрăк предприяти коллективĕ туса кăларнă пĕрремĕш трактор корпусĕ çине «Сталин!» тесе çырнă. Трактор цехран заводăн пысăк килкартине тухсан, митинга пухăннă рабочисемпе служащисем темиçе минут хушши пĕр харăс: «Ста-лин!», «СССР!» тесе кăшкăрнă.

Çĕнелнĕ Румынин уй-хирĕсенче халĕ çĕршывра туса кăларнă вуникĕ пин ытла трактор ĕçлет. Тепĕр икĕ çул иртсен, Румыни Халăх Республикинче тракторсен шучĕ тата икĕ хут ытларах пулать.

Сталин хулинчи предприятисенче ĕçлекен рабочисем, Совет Союзĕнчи тусĕсемпе юлташĕсен опычĕпе усă курса, кăткăс машинăсемпе тĕрлĕ оборудовани йышлăн туса кăларма хăнăхса çитнĕ. Сталин хулинчи тата унпа çывăх вырнаçнă Сибиу ятлă промышленность центрĕнчи заводсем халĕ халăх хуçалăхне машинăсем, фрезернăй, саваламалли тата токарнăй станоксем, вагонсем, нефтьпе электротехника оборудованийĕ тăратаççĕ. Румынире халăх влаçĕ туса хуриччен вĕсене пурне те хĕвеланăçĕнчи капитализмла çĕршывсенчен питĕ хаклă тўлесе кўрсе килнĕ.

Румыни халăхĕ Сталин хулине социализмла индустри хули, социализм форпосчĕ тенĕ.

Румыни Халăх Республикинчи ытти хуласемпе ялсенчи пекех, Сталин хулинче экономикăлла тĕп улшăнусемпе пĕрлех, культурăлла революци те пулса иртет. Халăх влаçĕн çулĕсенче кунта государство театрĕ, государство симфони оркестрĕ, клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем çĕр ытла, культура çурчĕсем ултă, виçĕ институт, çирĕмикĕ техникум, художество шкулĕ иккĕ, вăтам тата тулли мар вăтам шкулсем вуншар туса лартнă. Шкулсенче Румыни чĕлхипе тата Румынире пурăнакан ытти халăхсен чĕлхипе вĕрентеççĕ.

Сталин облаçĕнчи ĕç хресченĕсен пурнăçĕнче те нумай улшăнусем пулса иртнĕ. Эпир Турнишор ялĕнче пултăмăр. Шăпах çак ял çĕрĕпе çыннисене ĕнтĕ Мария-Тереза «ĕмĕрлĕхех усă курма» Фулкун императора панă пулнă. Нумаях та пулмасть-ха çак ялти пур хресченсем те хут пĕлмен тата вĕсенчен нумайăшĕн çĕр пачах пулман.

Брашов облаçĕнчи, çавăн пекех ĕлĕкхи Румынири çĕрĕç ĕçченĕсен гражданла мĕнле «правасем» пулни çинчен пире Турнишор ялĕнчи халăх Совечĕн председателĕ Александру Гика каласа пачĕ:

— Пирĕн ялта пĕр ухмах та путсĕр çын, Фулкун граф таврашĕнчен тухнăскер, пурăннă. Пушăпа тата патакпа, тĕрлĕрен хăратса, вăл хăйĕн йыттипе тĕл пулсан хресченсене «тўрленсе тăма» тата йытăран: «Мĕнле пурăнатăр, ваше превосходительство!» тесе ыйтма «вĕрентнĕ». Кун хыççăн йытти вĕрсе хăратнă, помещикĕ—йăпанса кулнă.

Халĕ Сталин облаçĕнче коллективла хуçалăхсем 80 ытла. Вĕсем Совет Союзĕнчи колхозсен опычĕпе ăнăçлăн усă кураççĕ, çавна пула коллективла хуçалăх членĕсем, единоличниксем хăйсен уйĕсенче пухса илнинчен пĕр хут çурă ытларах тĕштырă туса илнĕ. Çĕр ĕçне механизацилесси тăтăшах лайăхланса пырать. Кăçал уй-хирти йывăр ĕçсене çурринe ытла МТС машинисемпе тата тракторĕсемпе туса иртереççĕ. Сталин облаçĕнчи ялсенче художествăлла пултарулăх кружокĕсем 1.400 ытла, культура çурчĕсем 500 ытла, вулав çурчĕсем сакăрвун пиллĕк, утмăл сакăр киноустановка пур. Хресченсенчен нумайăшĕ хутпĕлменлĕхе пĕтермелли шкулсенчен вĕренсе тухнă, пиншер çынсем агрономипе зоотехника кружокĕсенче вĕренеççĕ.

— Пирĕн хула халĕ питех те чаплă, унăн малашлăхĕ тата та чаплăрах,—тет трактор завочĕн главнăй инженерĕ, Румынин Аслă Наци Пухăвĕн депутачĕ Василе Дику, Сталин хулине илемлетсе лайăхлатмалли пилĕк çуллăх план проекчĕ çине кăтартса.—Пирĕн хула палламалла мар пулать. Ăна сарлака бульварсем илемлетĕç, хулан тĕп урамĕсенче троллейбус линийĕсем пулĕç, вĕсем рабочисем пурăнакан кварталсене хулан тĕп пайĕсемпе çыхăнтарĕç. Университет пулать, вăл пысăк территори йышăнмалла. Хăватлă гидроэлектроцентраль хулапа облаçри çĕнĕ фабрикăсемпе заводсене ток парса тăрĕ.

* * *

Эпир Сталин хулинчен каç пулсан тухса кайрăмăр. Тракторсем, машинăсем тăвакан заводсен тата ытти предприятисен корпусĕсен чўречисенче электричество лампочкисем çĕршер пин ялтăртатаççĕ. Транспарант çине çырса хунă сăмахсем: «Траяска веkий приетения ромыно-советика!» — «Румынипе Совет Союзĕн ĕмĕрлĕх туслăхĕ сывă пултăр!» тесе çырнă сăмахсем таçтанах курăнаççĕ.

М. ТРОФИМОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01159 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.